# «ХӐВӐН ӐШӐНТИ ÇЫН ВАЛЛИ»
# ЯТЛӐ ПĔЧĔК КĔНЕКЕРЕН

**3 х ӐНТӐЛУ**

- **тӑнӑçлӑх патне**
- **хӑрушсӑрлӑх патне**
- **ирĕклĕх патне**

## 1 х ТУРӐ ИИСУС ХРИСТОСРА ХУРАВ ПАНӐ...
**Ыйтусем çине хуравланисем**

Çак тĕнче пӑтраннин тĕп сӑлттавĕ, Турӑпа çын хушшинчи йĕркесĕрлĕхсем, урӑхла каласан, вĕсен хушшинчи çыхӑнусем арканни.

В. ПАСКАЛЬ (1623–1662), французсен философĕ тата чи пултаруллӑ математикĕ „ама çури амӑшĕсенче" çырнӑ:

„ Пурнӑçӑмра эпĕ Çӑлаканӑма, Вӑл мана, халсӑр, телейсĕр, мӑнкӑмӑллӑ çынна, Хайĕн ырлӑхĕпе этемлĕх çылӑхĕсенчен çӑлса çын тунӑшӑн, кунсерен мухтатӑп.

Пĕтĕм чап та мухтав Ӑна пултӑр, мĕншĕн тесен эпĕ, хуйхӑ-суйхӑпа аташнисĕр пуçне, айван кӑна."

„Ӑшри пурнӑç?" – Этем япала-пуянлӑх сӑнчӑрне пула е тулти илемлĕхе кура халиччен нихçан пулман пек пӑсӑлчĕ.

ГЕТЕ Фаустне калаттарнӑ: „Эпĕ çаплах çӑткӑнлӑхран киленӳ патне вирхĕнетĕп, анчах та киленӳре çӑткӑнлӑх пирки асапланатӑп." Çак сӑмахсенче çынна халиччен пухӑннӑ вӑйлӑ туртӑмĕпе нумай пухать, çавӑн чухлех, хӑйӑр пек, пӳрнисем хушшинчен юхтарса кӑларать, асаплану çеç юлать вара. Унтан та ытларах пурнӑç ултавлӑ шанчӑк пек туйӑнать, мĕншĕн тесен вӑл хӑй ӑшĕнче юлашки чӑнлӑхне тытса тӑраймасть.

„Ӑшри пурнӑç" – пирĕн туйӑмсемпе шухӑшӑмӑрсенчен те пысӑкрах-ши вара? Çапла. Вӑл пирĕн пурнӑçӑмӑр варриĕ, çак сӑмахсен пĕлтерĕшĕпе ахаль çеç çырлахмасть, çавна хирĕçлет те.

Чиркӳ Ашшĕ Августин çак шухӑша урӑхларах уçса панӑ, Турӑ çынна Хӑй патне çывхартмашкӑн пултарнӑ пулсан, Турӑ патĕнче

канăçлăх иличчен, çыннăн чĕри лăпланаймасть. Çакă пулать ĕнтĕ, авăрти çаврăнура, хыпăнса ĕçленинче тата тĕлсĕр ирттернĕ хальхи вăхăтри çын ыйтăвĕ çине тĕплĕн хуравлани.

„Эй асапланакансем, хĕн-хур куракансем, пурсăр та ман патăма килĕр, Эпĕ сире лăплантарăп", (Матф. 11,28). тесе чĕнет Турă Иисус Христос урлă. Христос каланă: „Эпĕ: чĕрĕлĕх тупăр, чĕрĕлĕх вĕсен ытлашшипех пултăр, тесе килтĕм" (Иоанн 10,10).

Çакă шухăшласа кăларнă е мĕнле те пулин тĕн пуçласа яракан калани-и? Çук. Ку чăнлăха эсĕ те ĕçпе çирĕплетсе пама пултаратăн.

Ун Сăмахне тĕрĕс ăнланса илме ирĕккĕн вула, чунтан кĕлĕ ту, мĕншĕн тесен, Вăл санăн чĕрӳне те ăс-тăнна та калатăр. Çав анчах витĕмлĕ. Эсĕ шанчăкпах кĕтме пуçлатăн: „Вăл хамăра Çăлакан Туррăмăра та кăмăллă: Вăл пур çынна та çăласшăн, чăнлăха пĕлтерсе çитересшĕн" (1 Тимоф. 2,3–4).

„ТУРĂ ĔМĔТЛЕНЕТ" – ЭСĔ ĔМĔТЛЕНЕТĔН-И?

Малалла ĕнену пирки историре тĕнчипех паллă та мухтавлă çынсем каланисене тата çирĕплетсе панисене илсе кăтартнă. Çавăнпа та: „Турă Ăна вĕçĕмсĕр асла кăларнă, Ăна пур ятран та чаплă ят панă" (Филиппийц. 2,9).

ИОГАН КЕПЛЕР (1572–1630), астроном тата математик, хальхи астрономине пуçарса яраканĕ, вилес умĕн: „Хăвăрăн ĕмĕтĕре мĕнпе никĕслетĕр Эсир?" тесе ыйтсан, вăл каланă: – „Манăн пĕртен-пĕр ĕмĕт пире Çăлакан Иисус Христосăн хисепĕ, тивĕçлĕ ĕçĕ пулнă. Унта пытаннă, эпĕ çакна пĕр иккĕленмесĕр çирĕплетсе парасшăн, манăн хӳтлĕх, ĕмĕт те мухтав".

ЭМАНУЕЛ КАНТ (1724–1804), философ, хăйĕн пурнăçĕ вĕçленсе килнĕ чух каланă: „Эпĕ халиччен вуланă мĕнпур кĕнекесене пĕрле пухсан та, мана Псаломран ытла нихăшĕ те канăçлăх параймарĕç. „Вилĕм тĕттĕмĕ тăракан варпа кайсан та, усалтан хăрамăп эпĕ, мĕншĕн тесен, Эсĕ манпа пĕрле. Санăн туяю, Санăн патакку – çавсем лăплантараççĕ мана" (Пс. 22,4).

ГЕНРИХ ГЕЙНЕ (1797–1856), поэт тата журналист, хăçан-тăр ун çинчен: „çĕнĕрен хунакан нимĕç сăвăçĕсен вăрманĕ" тенĕ, хăйĕн 2-мĕш кăларăмри „Германири тĕн историйĕ тата философийĕ" умсăмахĕнче çакăн пек каланă: „Юлашки „Романсеро" кĕнекемре, эпĕ хамăн чунăмри улшăнусем Турă еннелле туртăннине кăларăм. Хам çуталса çитнишĕн, эпĕ пĕртен-пĕр кĕнекене тав тăватăп. Пĕр кĕнеке? – ыйтатăр Эсир. Çапла, çав кĕнеке Библи

ятлӑ. Кам хӑйӗн Туррине ҫухатнӑ, ҫав ҫын Ӑна каллех ҫак кӗнекере тупма пултарать, кам Ӑна нихӑҫан та пӗлмен, ҫавна ҫак кӗнекери Турӑ Сӑмахӗн сывлӑшӗ вӗрсе ҫутатать.

Тӗншӗн ҫӗкленнӗ туйӑмшӑн эпӗ ҫак Таса Кӗнекене тав тӑватӑп. Тӗлӗнмелле! Пурнӑҫӑн вӗҫне ҫитичченех эпӗ тӗрлӗ философи ташламалли вырӑнӗсенче сулланса ҫӳренӗ, хама пӗтӗм йӗркесӗр сывлӑшсен ахӑрашӑвне халалланӑ, тӗрлӗ ҫулпа аташса ҫӳренӗ, анчах та канӑҫ курман, халь эпӗ, сасартӑк, ӑҫта Том пичче тӑнӑ, ҫав вырӑна йышӑнтӑм, шӑпах ҫав вырӑн Библи никӗсӗ пулчӗ. Мӗнле сӑпайлӑх. Пӗтӗм пӗлӳлӗхпе те эпӗ, ҫав кӗлмӗҫӗ, нимӗн те пӗлмен, саспаллисене те аран-аран вулакан негӑртан, ытларах пӗлеймерӗм."

ГАЛИЛЕО ГАЛИЛЕЙ (1564–1642), итали тӗпчевҫи тата астрономӗ. „Таса Ҫырулӑх нихӑҫан та суйма та аташма та пултараймасть. Унта каланисем чӑн-чӑнахах тӗрӗс те сиенсӗр. Вӑл Хӑй аташма пултараймасть, Ӑна ӑнлантарса паракансем ҫеҫ хӑш-пӗр ҫӗрте йӑнӑшма пултараҫҫӗ. Тата нумай чухне ҫавна, кашни контекст валлиех тӗрлӗрен ӑнлантарни кирлӗ. Таса Ҫырулӑх тата ҫутҫанталӑк, иккӗшӗ те Туррӑн Сӑмахӗнчен тухаҫҫӗ, пӗри – Таса Сывлӑш хушнипе, тепри – Турӑ хушнипе пурнӑҫланса тӑнӑ."

МАКС ПЛАНК (1858–1947), физик, нобель преми лауреачӗ. „Таҫта, темле инҫете пӑхас пулсан та эпир тӗнпе ҫутҫанталӑка тӗпчекен наукӑсенче хирӗҫӳ тупаймастпӑр. Пачах та урӑхла: вӗсем тӗп вырӑнсенче питӗ те килӗштерсе тӑраҫҫӗ. Тӗн тата ҫутҫанталӑка тӗпчекен наука пӗр-пӗрне кӑлармаҫҫӗ, паянхи вӑхӑтри пекех, пӗрисем ӗненеҫҫӗ, теприсем вӗсенчен хӑраҫҫӗ. Ҫак икӗ вӗрентӳ пӗр-пӗринпе ҫыхӑнса тата пӗр-пӗрне пӑхӑнса тӑраҫҫӗ.

Чи пӗлтерӗшли, ӗҫпе кӑтартса пани ҫакӑ пулать: тӗнпе ҫутҫанталӑка тӗпчекен наука пӗр-пӗрне хирӗҫ тӑманнине историре пулса иртнӗ ӗҫсем ҫирӗплетсе параҫҫӗ: енчен те ҫак ыйтӑва питӗ тишкӗрсе тӗрӗслес пулсан, ак мӗн курма пулать: пур вӑхӑтри чи аслӑ ҫутҫанталӑк тӗпчевҫисем – Ньютон, Кеплер, Лейбниц – ҫав тӗн сывлӑшӗпе хӑватланнӑ...

Турӑран иртмесен тин шалти ҫирӗплӗх, вӑрӑм тӑнӑҫлӑх туянать пирӗн чун, вара вӑл питӗ пысӑк пуянлӑхӑмӑр пулса тӑрать..."

ЭРНСТ МОРИТЦ АРНДТ (1769–1860), государство деятелӗ тата поэт. „Хисеплени – чи пысӑк туйӑм, унпа этем кӑмӑлӗ хуҫа пулса тӑрать. Ак ҫак пулать те ӗнтӗ пӗтӗм ҫутҫанталӑк пурнӑҫӗн чи ҫӳлти пусӑмӗ.

Чăн малтанах мĕнле пулнă, çавнашкалах юлнă: ĕненӳ – вăл аслăран та аслă, ĕмĕрхи, пурнăç пуçламăшĕ: пĕлӳ – вăл пĕчĕккĕ, этеммĕн, пуçламăшĕнчен пулакан япала кăна.“

МАТИАС КЛАУДИУС (1740–1815), поэт тата писатель. „Кам Христоса ĕненесшĕн мар, Унсăр хăйĕн пуласлăхне пĕлеймессине, вăл курма тивĕç. Эпĕ те эсĕ те çавна пĕлместпĕр. Эпир яланах, кам та пулсан пирĕн чуна çирĕплетессе кĕтетпĕр, вилес умĕн, хăйĕн аллипе пирĕн халсăрланнă ӳт-пĕве тытса пырасса; çакна пĕр Вăл кăна тума пултарать, Ун çинчен çырса кăтартнă пек, кам Ун вырăнне йышăнма тивĕçлĕ, эпир Унсăр пуçне урăх никама та пĕлместпĕр“.

ЖАН–ЖАН РУССО (1712–1778), французсен философĕ. „Эпĕ Библие юратнă, ăна йышăннă, валеçсе çӳренĕ тата каласа ăнлантарнă: эпĕ ăна пĕтĕм чун-чĕремпе, вăй-хăватăмпа çаклантăм. Эпĕ çырнисем пĕтĕмпех Евангелине юратса, Иисус Христоса хисеплесе тăраççĕ. Çак Таса Кĕнекене вĕрентекенĕн тата канаш паракан саккунĕ тесе йышăнмалла.“

Ф. ДОСТОЕВСКИЙ (1821–1881), вырăссен писателĕ тата поэчĕ. „Ниме тăман, пăсăлнă, кĕвĕçӳллĕ тата хăйсене кăна юратакансем, Турра та леш тĕнчене те пăрахăçлаççĕ.

Христоса тĕксе янă вăхăтра вĕсем, çитейми тĕллеве: этемлĕхĕн илемлĕхĕпе ырăлăхне пĕтереççĕ. Мĕн параççĕ-ха вĕсем уншăн, çавăн евĕрлине?

Хальхи вăхăтра пĕртен-пĕр çын – Христос тĕслĕхĕ кăна пурăнать.

Пĕтĕм этемлĕх шанчăкĕ пĕтесрен çăласси çак сăмахсенче пулать: „Сăмах ӳтленчĕ те, чăнлăхпа тата ырăлăхĕпе пирĕнпе пурăнчĕ...“ (Ев. Иоанн 1,14).

ВИКТОР ГЭСС (1883 – 1964), фортгам университечĕн профессорĕ, нобель преми лауреачĕ. „Чăн-чăн ученăй Турра ĕненме пултарать-и? Эпĕ шутлатăп, пултарать тесе... Çирĕплетсе пама пултаратăп, мĕн пур наукăра: физикăпа тата геофизикăпа ĕçленĕ чухне, эпĕ хамăн тĕпчев ĕçĕсенче, нимĕнле Ĕненĕве Турă – Пултаракана хирĕçленине тупма пултараймарăм.“

Л. Б. ДЖОНСОН (1908 – 1973), США президенчĕ. „Турăпа калаçнисĕр пуçне, урăх нимĕнле çăлкуç та çук, унтан кăна эпир çĕнĕ вăй, хавас кăмăл ăсма пултаратпăр“.

АЛЬБЕРТ ЭНШТЕЙН (1879 – 1955), физик тата математик, ăсчахсен ларăвĕнче Штутгартра 1948 çулта: „Чăн-чăн ыйту вăл

шалти чун тытăмĕ тата çынсен шухăшлавĕ. Вăл физикă ыйтăвĕ мар, этика, йăла-йĕрке ыйтăвĕ.

Мĕн хăратать-ха пире? Атом бомби çурăлнă вăй мар, усалланса пыракан çынсен чĕри вăйĕ, усаллăхшăн çурăлакан вăй.

Турă ячĕшĕн, енчен те эсир Ăна ĕненетĕр, Унăн умĕнче Сирĕн ырăлăхпа тулмалла, Хăвăрăн тĕпчев ĕçĕсенчи мăнкăмăллăха çĕнтермелле: енчен те апла пулмасан, эпир çухалатпăр, пĕтетпĕр."

ВЕРНЕР ФОН БРАУН (1912–1977), ракетăсем тăвакан конструктор. „Эпĕ чунăн вилĕмсĕрлĕхне ĕненетĕп. Ним çук çĕрте нимĕн те пулма пултараймассине, наукă пире çирĕплетсе пачĕ. Çавăн пекех пурнăç та, чун та – пĕр йĕрсĕр çухалма пултараймаççĕ, çакă пĕлтерет те ĕнтĕ, вĕсем вилĕмсĕррине."

В. ПАСКАЛЬ (1623–1662), французсен фолософĕ тата математикĕ хăйĕн „Шухăшĕсенче" çырнă: „Çак çĕр çинче мĕн кăна пур, вăл пĕтĕмпех этем айванлăхне кăтартать, çав вăхăтрах ăна Турă шелленине: Турăсăр этемĕн халсăрлăхне, Турăпа этемĕн хăватлăхне.

Ăслăлăх йĕрне йышăнмасăр, ăна ăслисен шутне кĕртмеççĕ.

Асаплăхра пире çунат паракан пĕртен-пĕр япала вăл, сапаланни, çав вăхăтрах вăл çӳлти шайра тăракан çуклăхăмăра пĕлтерет. Çав пире, хамăр пирки шутлассине пĕтерет те ĕнтĕ, каярахпа аркану патне илсе пырать."

ИСААК НЬЮТОН (1643–1727), акăлчансен çутçанталăк тĕпчевçи, çĕнĕ математикă, физикăпа астрономи валли çул уçаканĕ. Вилес умĕн вăл çапла каланă: „Ĕмĕрĕмре эпĕ икĕ питĕ кирлĕ чăнлăха пĕлтĕм: пĕри – эпĕ çылăха путни, тепри – манăн Çăлаканăм, виçесĕр аслă Иисус Христос пулни."

ЭДВИН КОКЛИН, биолог. „Çĕр çинчи пурнăç хăй тĕллĕн пуçланса кайнине, çакăн пек тĕслĕхпе танлаштарма пулать: пĕтĕмĕшле йĕркелесе çитернĕ словаре типографи сирпĕнсе кайнă хыççăн пулнă, тенипе."

И. Я. Яковлев Халалӗнчен

Эй тусăмсем, хамăн тăван ҫыннăмсем, чăвашсем! чунăм пӗрмаях сирӗншӗн ҫунатчӗ, халӗ те акă манăн мӗнпур шухăшăм сирӗн ҫийӗре куҫрӗ. Юлашки тертӗме пуринчен маларах татах сире каласа хăварас тетӗп.

Турра ӗненсе пурăнасси калама ҫук пысăк япала – пуринчен ытла эсир ҫавна хытă тытса тăрăр. Ӗненӳ этеммӗн ăсне, кăмăлне ҫунатлантарса ҫăмăллатать, чун пурнăҫне канăҫлăх парать, лăплантарать; инкек-синкек, хуйхă-мӗн курнă вăхăтра чуна хăват парать; ӗҫсем ăнса телейлӗ пурăннă чух, ӗненӳ чуна тасатать, ăна ҫутатса тăрать. Турра ӗненсе пурăнсан, пурнăҫ хытти этемшӗн хăрушă мар; Ăна ӗненсе тăмасан, ҫӗр ҫинчи пирӗн пурнăҫ сивӗ пулать, тӗттӗм пулать. Тӗнчене пултарнă ҫӳлти Турра ӗненсе тăрăр. Ырă ӗҫе те, усал ӗҫе те чăн аслă тӳрӗлӗх татӗ, – Турă сут тăвӗ, – вăл сут тӳрӗ, вăл сут пит хăрушă...

Ҫӳлти аслă Турă умне кайма хатӗрленсе, сире каласа хăварас сăмахăм манăн мӗнпурӗ ҫакă ӗнтӗ. Ирӗклӗ, е ирӗксӗр эпӗ кама та пулин кӳрентерсе, вăл ман ҫие ҫил хывса ҫӳренӗ пулсан, пурсăра та тархаслатăп: ҫиллӗре манăр, каҫарăр мана, маншăн Турра кӗлтăвăр. Эй тăван ҫыннăмсем! Чăн кăмăлтан тав тăватăп сире. Эсир маншăн ялан та ăшă пултăр, кăмăллă пултăр. Сиртен ҫакна курма эпӗ тивӗҫлӗ те пулман. Пурăнан пурнăҫăрта сире пурсăра та Турă сыхласа, упраса усратăр.

Иван ЯКОВЛЕВ
Чӗмпӗр, 1921 ҫулхи ҫурла уйăхӗн 4-мӗшӗ кунӗ.

# ИОАНН ÇЫРНĂ
# ТАСА ЕВАНГЕЛИ

**Çыраканĕ.** Тăваттăмĕш Евангелине Иоанн апостол çырнă (Иоанн 21: 24). Çакăн пирки иккĕленекен тишкĕрÿçĕсем сахал мар пулнă, анчах та тĕплĕн сÿтсе-явса тĕрĕсленĕ тата наукăлла тишкĕрÿсем тунă хыççăн, кам çырнине те, чăн малтанах, хăш вăхăтра çырнине те çирĕплетсе пама май килнĕ.

**Хăçан çырнă.** Ăна 85-пе 90 мĕш ç. ç. Христос çуралнă хыççăн çырнă пулнă. Юлашки вăхăчĕ – тĕрĕсрех те пулĕ.

**Мĕн çинчен çырнă.** Çавна Пуçламăшĕнче (1:1–14) тата Евангелири 20-мĕш пайĕнче юлашки сăвăра палăртнă (20:31). Акă вăл: Ĕмĕрхи Сăмах ÿтленни, Турă Ывăлĕ, тата Турă Хăй, Иисус Христосра: 1) Турра çĕр çине çынсем пек пурăннă çĕре ярас тĕллевпе: 2) мĕншĕн тесен, кам Ăна ĕненет, „Христоса, Туррăн Ывăлне“, (20:31), ĕмĕрлĕх пурнăç илет. Питĕ кирлĕ, çак Евангелири „шанчăклăх“ тата „пурнăç“ сăмахсем пулаççĕ.

Кĕнеке çичĕ сыпăка пайланать: 1. Пуçламăшĕ: Ĕмĕрхи Сăмах Иисус Христос пулса ÿтленет, 1:1–14. 2. Шыва Кĕртекен Иоанн каласа кăтартни, 1:15–34. 3. Иисус Христос уççăнах ĕçлесе çÿрени, 1:35–12:50. 4. Вăрттăн „Хăйсеннисемшĕн“ ĕçлесе çÿрени, 13:1–17:26. 5. Христос Хăйне Чÿк тума пани, 18:1–19:42. 6. Иисус Христос чĕрĕлсе тăрса, ыттисене курăнни, 20:1–31. 7. Юлашкинчен çырни: Христос – пурнăç тата ĕç Турри, 21: 1 – 25.

Çак кĕнекере çырса кăтартнă ĕçсем çичĕ çула яхăн тăсăлнă.

# ИОАНН ÇЫРНĂ ТАСА ЕВАНГЕЛИ.

## 1 - мĕш ГЛАВА

### Ĕмĕрхи "Сăмах ӳтленсе тăнă"

1. **СĂМАХ** чăн малтанах пулнă, çав Сăмах Турăра пулнă, Сăмах Вăл Хăй Турă пулнă.

2. Вăл малтанах Турăра пулнă.

3. Мĕн пулма пуçлани, пурте Ун урлă пулма пуçланнă, Унсăр нимĕн те пулма пуçланман.

4. Унра пурнăç пулнă, пурнăç вара çынсем валли çутăлнă;

5. Çутă тĕттĕмре çутатать, тĕттĕм ăна хупласа илеймен.

6. Иоанн ятлă, Турă янă çын пулнă.

7. Хăйĕн урлă пурте Çутта ĕненччĕр тесе, вăл Çутă çинчен каласа пĕлтерме килнĕ.

8. Хăй вăл Çутă пулман, Çутă çинчен каласа пĕлтерме янă çын анчах пулнă.

9. Тĕнчере çуралакан çынсене, пурне те Çутатакан чăн-чăн Çутă пулнă.

10. Çавă тĕнчере пулнă, тĕнчене Вăл пултарнă, анчах тĕнче Ăна пĕлмен.

11. Хăйĕннисем патне килсен, хăйĕннисем те Ăна йышăнман.

12. Хăйне йышăнакансене, Хăйĕн ятне ĕненекенсене Вăл Турă ачисем пулма ирĕк панă,

13. Вĕсем юнран мар, ӳтрен те мар, арçынран та мар, Турăран çуралнă.

14. Сăмах ӳтленчĕ те, чăнлăхпа тата тулли ырлăхĕпе пирĕнпе пĕрле пурăнчĕ; эпир Ун мухтавне, Атте Турран пĕртен-пĕр Ывăлне тивĕçлĕ мухтава куртăмăр.

15. Иоанн Ун çинчен пĕлтерсе хытă сасăпа калавă: ”Эпĕ калани, ман хыçран Килекенни манран мала тухрĕ, мĕншĕн тесен Вăл манран малтанах пулнă, Вăл Çакă ĕнтĕ.
16. Унăн тулли ырлăхĕнчен эпир пурте ырлăх çине ырлăх илтĕмĕр;
17. Мĕншĕн тесен закона Моисей урлă панă, ырлăхпа чăнлăх Иисус Христос урлă килнĕ.
18. Турра никам та, нихăçан та курман; Ашшĕ ăшĕнче пурăнакан пĕртен-пĕр Ывăлĕ, Çавă Турра кăтартрĕ”, — тенĕ.

## Шыва кĕртекен Иоанн Христос çинчен каласа пĕлтерни

19. Акă Иоанн каласа кăтартни: Иудейсем Иерусалимрен священниксемпе левитсене ярса, Иоаннран: ”Кам эсĕ?” — тесе ыйтма хушсан,
20. Вăл пĕр пытармасăр;”Эпĕ Христос мар” — тесе каланă.
21. Унран татах ыйтнă: ”Кам вара эсĕ, Илия-и?” — тенĕ. Вăл каланă: ”Çук”, — тенĕ. Пророк-и? тесе ыйтсан: ”Çук”, — тенĕ.
22. Вĕсем ăна каланă: ”Кам тата эсĕ? Хамăра яракансене каласа пĕлтерме, эсĕ пире хăвăн çинчен мĕн калăн? ”— тенĕ.
23. Вăл каланă: ”Эпĕ, Исаий пророк каланă пек, Турă валли çул тӳрлетĕр тесе пушхирте чĕнекен сасă”, — тенĕ. (Исаий 40 : 3).
24. Ыйтма пынисем фарисейсем пулнă;
25. Вĕсем унран татах ыйтнă: ”Эсĕ Христос та мар, Илия та мар, пророк та мар пулсан, мĕншĕн вара шыва кĕртетĕн?” — тенĕ.
26. Иоанн вĕсене хирĕç каланă: ”Эпĕ шыва

кĕртететĕп; анчах сирĕн хушшăрта Пĕр Çын тăрать, эсир Ăна пĕлместĕр.

27. Ман хыçран Килекенни Çавă ĕнтĕ, çапах та Вăл манран мала тухрĕ; эпĕ ун урине тăхăнмаллийĕн чĕнне салтма та тивĕçлĕ мар", — тенĕ.

28. Çакă Иордан шывĕн леш енче Вифаварта, Иоанн шыва кĕртекен çĕрте пулнă.

29. Тепĕр кунне, Иоанн хăй патне Иисус пынине курсан каланă: "Акă, тĕнче çылăхне Хăй çине илекен Турă Путекки;

30. Эпĕ калани Çакă ĕнтĕ, ман хыçран Килекенни манран мала тухрĕ, мĕншĕн тесен Вăл манран малтан пулнă;

31. Эпĕ пĕлменччĕ Ăна; Вăл Израиле курăнтăр тесе, эпĕ çынсене шыва кĕртме килтĕм".

32. Иоанн Ун çинчен пĕлтерсе татах каланă: "Святой Сывлăш пĕлĕт çинчен кăвакарчăн пек курăнса анса, Ун çинче тăнине эпĕ куртăм:

33. Эпĕ пĕлменччĕ Ăна; анчах шыва кĕртме мана Яраканни, манааларĕ: "Кам çине Святой Сывлăш аннине тата Ун çинче тăнине курăн, Святой Сывлăшпа хăватлăлантараканни Çавă пулĕ", — терĕ.

34. Эпĕ куртăм та, Турă Ывăлĕ Çакă тесе каласа кăтартрăм".

## Христос Хăй çинчен пĕлтернĕ тăрăх, Ăна малтан ĕненнĕ вĕренекенĕсем

35. Тепĕр кунне Иоанн каллех çавăнта хăйĕн икĕ вĕренекенĕпе тăнă.

36. Вара Иисус пынине курсан каланă: "Акă Турă Путекки", — тенĕ.

37. Иоаннран çак сăмахсене илтсен, вĕренекенĕсем иккĕшĕ те Иисус хыççăн кайнă.

38. Иисус каялла çаврăнса пăхнă та, вĕсем Хăй хыçĕнчен пынине курсан каланă: ”Мĕн кирлĕ сире?” — тенĕ. Вĕсем Ăна каланă: ”Равви, (Вĕрентекен) Эсĕ ăçта пурăнатăн?” — тенĕ.

39. Вăл вĕсене каланă: ”Пырсан куратăр”, — тенĕ. Вĕсем кайнă та, Вăл ăçта пурăннине курнă, çав кун вара Ун патĕнче ирттернĕ. Вуннăмĕш сехет тĕлĕ пулнă.

40. Иоаннран илтсе, Иисус хыççăн кайнă икĕ вĕренекенĕнчен пĕри, Петр текен Симон шăллĕ Андрей пулнă.

41. Вăл чи малтан хăйĕн пиччĕшне Симона тупса каланă: ”Эпир Мессийăна тупрăмăр”, — тенĕ. (Вăл Христос тени пулать).

42. Ăна вара Иисус патне илсе пынă. Иисус ун çине пăхса каланă: ”Эсĕ-Иона ывăлĕ Симон, эсĕ Кифа ятлă пулăн”(Кифа тени Петр,”чул”тени пулать).

43. Тепĕр кунне Иисус Галилейăна кайма шутланă; вара Филиппа курсан, ăна каланă: ”Ман хыççăн пыр”, — тенĕ.

44. Филипп вăл, Андрейпе Петр пурăнакан Вифсаида хулинчен пулнă.

45. Филипп Нафанаила тĕл пулсан каланă: ”Эпир Моисей законĕнче тата пророксен кĕнекинче çырнă Иосиф Ывăлне, Назаретри Иисуса тупрăмăр”, — тенĕ.

46. Нафанаил ăна каланă: ”Назаретран мĕн те пулин ырри пулĕ-ши?” — тенĕ. Филипп ăна каланă: ”Кайса пăх эппин”, — тенĕ.

47. Иисус Хăй патне Нафанаил пынине курсан, ун çинчен каланă: ”Акă, чăн Израиль çынни, ун ăшĕнче ултавлăх çук”, — тенĕ.

48. Нафанаил Ăна каланă: "Эсĕ мана ăçтан пĕлетĕн?" — тенĕ. Иисус ăна хирĕç каланă: "Сана Филипп чĕничченех, эсĕ смоква йывăçĕ айĕнче чухнех Эпĕ сана куртăм", — тенĕ.

49. Нафанаил каланă: "Равви! Эсĕ Турă Ывăлĕ, Эсĕ — Израиль Патши", — тенĕ.

50. Иисус ăна хирĕç каланă: "Эпĕ сана смоква йывăç айĕнче куртăм тесе каланăшăн эсĕ Мана ĕненетĕн, кунтан та ытларах курăн-ха".

51. Татах ăна каланă: "Чăн-чăнах калатăп сире: паянтан пуçласа, пĕлĕт уçăлса тăнине тата Туррăн Ангелĕсем Этем Ывăлĕ патне анса хăпарнине курма пуçлатăр", — тенĕ.

## 2 - мĕш ГЛАВА

### Кана хулинчи туйра Христос пĕрремĕш хăват туни

1. **ВИÇÇĔМĔШ** кунне Галилейăри Кана хулинче туй пулнă, унта Иисусăн Амăшĕ те пулнă.

2. Çав туя Иисуса та, Унăн вĕренекенĕсене те чĕннĕ.

3. Унта эрех çитмен пирки, Иисусăн Амăшĕ Ăна каланă: "Вĕсен эрех çук", — тенĕ.

4. Иисус Ăна каланă: "Эй, Анне! Манăн та, Санăн та мĕн ĕç пур унта? Ман вăхăт халь çитмен-ха", — тенĕ.

5. Унăн Амăшĕ тарçăсене каланă: "Вăл сире мĕн калĕ, эсир çавна тăвăр", — тенĕ.

6. Иудейсен тасалас йăлипе, çавăнта икшер е виçшер виçе кĕрекен чулран тунă ултă шыв савăчĕ ларнă.

7. Иисус тарçăсене каланă: ”Савăтсене шыв тултарăр”, — тенĕ. Вара лешсем савăтсене туллиех шыв тултарнă.

8. Унтан вĕсене каланă: ”Ĕнтĕ ăсăр та, туй пуçлăхне леçсе парăр”, — тенĕ. Вĕсем леçсе панă.

9. Туй пуçлăхĕ, шывран тунă эрехне astivse пăхсан (вăл çав эрехе ăçтан илнине пĕлмен, ăна шыв ăсакан тарçăсем анчах пĕлнĕ) кĕрĕве чĕнсе илнĕ те,

10. Ăна каланă: ”Кирек кам та малтан лайăх эрех парать, ĕçсе çитсен вара начартараххине парать, эсĕ лайăх эрехне халиччен кăлармасăр тăнă”, — тенĕ.

11. Çапла Иисус, хăватсем тума Галилейăри Кана хулинче пуçласа, Хăйĕн мухтавне кăтартнă; вара Унăн вĕренекенĕсем Ăна ĕненнĕ.

12. Çавăн хыççăн Вăл Капернаума кайнă, Унпа пĕрле Ун Амăшĕ, тăванĕсем тата вĕренекенĕсем пынă; унта вара темиçе кун пурăннă.

**Христос чиркĕве тасатни тата Унăн пурне те тума ирĕкĕ пуррине кăтартни**

13. Иудейсен Пасха праçникĕ çитсе килнĕ вăхăтра, Иисус Иерусалиме пынă.

14. Вăл, чиркӳре вăкăрсем, сурăхсем, кăвакарчăнсем тата укçа улăштарса ларакансене курнă.

15. Вара кантăраран пушă тунă та, пурне те вăкăрĕ сурăхĕ мĕнĕпех чиркӳрен хăваласа кăларнă, укçа улăштаракансен укçисене сапса ярса, вĕсен сĕтелĕсене тӳнтере-тӳнтере янă;

16. Унтан кăвакарчăн сутакансене каланă: ”Илĕр

вӗсене кунтан, Манӑн Атте ҫуртне суту-илӳ ҫурчӗ ан тӑвӑр”, — тенӗ.

17. Ҫавӑн чух унӑн вӗренекенӗсем: ”Санӑн ҫуртушӑн тӑрӑшни типӗтсе ячӗ Мана”, — тесе ҫырнине аса илнӗ. *(Псал. 68:10)*.

18. Ҫавна курсан Иудейсем Ӑна каланӑ: ”Ҫапла тума ирӗкӳ пуррине, Эсӗ пире мӗнле паллӑсем кӑтартса пӗлтерӗн?” — тенӗ.

**Христос вилсе, унтан виҫҫӗмӗш кунне чӗрӗлсе тӑрасси ҫинчен малтанах каласа хуни**

19. Иисус вӗсене хирӗҫ тавӑрса каланӑ: ”Эсир ҫак чиркӗве пӑсӑр, Эпӗ ӑна виҫӗ кунра ҫӗнӗрен туса лартӑп”, — тенӗ.

20. Ҫавна хирӗҫ Иудейсем каланӑ: ”Ку чиркӗве хӗрӗх ултӑ ҫул тунӑ, Эсӗ ӑна виҫӗ кунрах туса лартӑн-и?” — тенӗ.

21. Чикрӳ тесе Вӑл Хӑйӗн Ӳчӗ ҫинчен каланӑ.

22. Иисус вилӗмрен чӗрӗлсе тӑрсан, вӗренекенӗсем Вӑл ҫакна каланине аса илнӗ те Ҫырӑва та, Иисус каланӑ сӑмахсене те ӗненнӗ.

23. Вӑл Иерусалимре Пасха праҫникӗнче пулнӑ чух, Вӑл тунӑ хӑватсене курсан нумайӑшӗ Ӑна ӗненнӗ.

24. Анчах Иисус Хӑй шанман вӗсене, мӗншӗн тесен Вӑл пурне те пӗлнӗ.

25. Ӑна ҫын ҫинчен каласа кӑтартни кирлӗ пулман; ҫын ӑшӗнче мӗн пуррине Вӑл Хӑех пӗлсе тӑнӑ.

## 3 - мӗш ГЛАВА

**Ҫӳлтен ҫураласси-пур ҫыншӑн та питӗ кирлӗ**

1. **ФАРИСЕЙСЕМ** хушшинче, Иудейсен пӗр пуҫлӑхӗ Никодим ятлӑ ҫын пулнӑ.

2. Вӑл Иисус патне ҫӗрле пырса, Ӑна каланӑ: ”Равви! Эсӗ Турӑ патӗнчен килнӗ Вӗрентекен иккенне эпир пӗлетпӗр; мӗншӗн тесен Турӑпа пӗрле пулмасан, Эсӗ тӑвакан хӑватсене никам та тума пултараймасть”, — тенӗ.

3. Иисус ӑна хирӗҫ каланӑ: ”Чӑн-чӑнах калатӑп сана: кам Ҫӳлтен ҫуралмасть, вӑл Туррӑн Патшалӑхне курма пултараймасть”, — тенӗ.

4. Никодим Ӑна каланӑ: ”Ҫын пӗр ватӑлсан мӗнле ҫуралма пултарӗ? Вӑл хӑйӗн амӑшӗ ӑшне тепӗр хут кӗрсе ҫуралма пултарать-и вара?” — тенӗ.

5. Иисус хирӗҫ каланӑ: ”Чӑн-чӑнах калатӑп сана; кам шывран тата Сывлӑшран ҫуралмасть, вӑл Туррӑн Патшалӑхне кӗреймӗ;

6. Ӳтрен ҫурални ӳтех, Сывлӑшран ҫурални сывлӑш.

7. Эпӗ сана: сирӗн Ҫӳлтен ҫуралмалла тенӗшӗн, эсӗ ан тӗлӗн.

8. Сывлӑш ӑҫта вӗресси килнӗ, ҫавӑнта вӗрет, ун сассине илтетӗн, анчах вӑл ӑҫтан килнине, ӑҫталла кайнине пӗлместӗн: Сывлӑшран ҫуралакан ҫыннӑн, кирек камӑн та ҫапла пулать”, — тенӗ.

9. Никодим Ӑна каланӑ: ”Вӑл вара мӗнле пулма пултарать?” — тенӗ.

10. Иисус ӑна хирӗҫ тавӑрса каланӑ: ”Эсӗ — Израиле вӗрентекен, ҫавна та пӗлместӗн-и?

11. Чăн-чăнах калатăп сана: Эпир мĕн пĕлнине калатпăр, мĕн курнине пĕлтеретпĕр, çапах та Эпир каланине эсир йышăнмастăр;

12. Эпĕ сире çĕр çинчине каласа панине те ĕненместĕр пулсан, пĕлĕт çинчине каласан эсир мĕнле ĕненĕр?

13. Пĕлĕт çинче пурăнакан Этем Ывăлĕсĕр пуçне, пĕлĕт çинчен анса, никам та пĕлĕт çине çĕкленмен;

## Христоса хĕрес çине пăталанине ĕненни: "Çӳлтен" Турăран çуралма май парать

14. Моисей пушхирте çĕлене çĕкленĕ пек, Этем Ывăлĕн те,

15. Ăна ĕненекенсем пĕри те ан пĕтчĕр, ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулччăр тесе, хĕрес çине çĕкленмелле.

16. Турă тĕнчене питĕ юратнă, Хăйĕн пĕртен-пĕр Ывăлне те панă, Ăна ĕненекенсем пĕри те ан пĕтчĕр, ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулччăр, тенĕ.

17. Турă, Хăйĕн Ывăлне çĕр çине тĕнчене суд тутăр тесе яман, Ун урлă тĕнче çăлăнтăр тесе янă.

18. Ăна ĕненекен айăплă пулмĕ, Ăна ĕненменни айăпа юлнă ĕнтĕ, мĕншĕн тесен вăл Туррăн пĕртен--пĕр Ывăлне ĕненмест.

## Мĕншĕн Христос патне çынсем пымаççĕ?

19. Айăпа юлни акă мĕнрен килет, тĕнчене Çутă килчĕ, анчах çынсем Çутăран ытла тĕттĕме юратрĕç, мĕншĕн тесен вĕсен ĕçĕсем усал,

20. Усал ĕç тăвакан, кирек кам та çутта юратмасть, хăйĕн ĕçĕсем ан курăнччăр тесе, вăл çутă патне пымасть, мĕншĕн тесен унăн ĕçĕсем усал.

21. Ĕçе тĕрĕс тăвакан, хăйĕн ĕçĕсем курăнччăр
тесе çутă патне пырать, мĕншĕн тесен вăл вĕсене
Турра юрăхлă тунă", — тенĕ.
22. Çавăнтан кайран, Иисус Хăйĕн вĕренеке-
нĕсемпе Иудея çĕрне пынă та, унта çынсене шыва
кĕртсе вĕсемпе пĕрле пурăннă.

## Шыва Кĕртекен Иоанн, Христос çинчен юлашки хут каласа кăтартни

23. Иоанн та Салим патĕнчи Енон шывĕнче шыва
кĕртнĕ, мĕншĕн тесен унта шыв нумай пулнă;
çынсем çавăнта пырса шыва кĕнĕ;
24. Ун чухне Иоанна тĕрмене хупман пулнă.
25. Çавăн чух, Иоаннăн вĕренекенĕсем, Иудей-
семпе тасаласси çинчен тавлашма пуçланă;
26. Вара вĕренекенĕсем Иоанн патне пырса, ăна
каланă: "Равви! Çавă, санпа пĕрле Иордан хĕрринче
пулни, эсĕ Ун çинчен каласа пĕлтерни, авă, Вăл
шыва кĕртет, пурте Ун патне пыраççĕ", — тенĕ.
27. Иоанн вĕсене каланă: "Çӳлтен памасан, çын
хăй нимĕн те тума пултараймасть.
28. Эсир хăвăр та, эпĕ хам çинчен: эп Христос
мар, мана ун умĕнчен анчах янă тесе каланине
илтрĕр.
29. Хĕр çураçнă çын вăл кĕрӳ пулать; кĕрĕвĕн
тусĕ, ун сассине илтсе савăнса хĕпĕртесе тăрать, çав
савăнăç ĕнтĕ манăн пулса çитрĕ;
30. Унăн асла тухмалла, ман кĕçĕне юлмалла.

## Христос çинчен пĕлтерекен, питĕ кирлĕ çичĕ чăнлăх

31. Çӳлтен Килекенни пуринчен те аслă; çĕр

çинче çурални çĕр çинчиех, калаçма та вăл çĕр çинчи пек калаçать: пĕлĕтрен Килекенни пуринчен те аслă.

32. Вăл мĕн курни тата мĕн илтни çинчен каласа кăтартать; çапах Вăл каланине никам та йышăнмасть.

33. Вăл каласа кăтартнине йышăнакан, хăй йышăннипе Турă чăннине кăтартса парать.

34. Турă Яни, Çавă Туррăн сăмахĕсене калать; мĕншĕн тесен Турă Ăна Сывлăшне виçесĕр панă.

35. Ашшĕ, Ывăлне юратнипе пурне те Ун аллине панă.

36. Ывăлне ĕненекен ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулать; Ывăлне ĕненмен çын ырă курас çук, ун çинче Туррăн çилли тăрать".

## 4 - мĕш ГЛАВА

### **Иисус, Самария хĕрарăмне Хăй çинчен уçса пани**

1. **ИИСУС** Хăй çинчен: Вăл вĕренекенсем нумай пухса, Иоаннран ытларах шыва кĕртет тенĕ хыпар фарисейсем патне çитнине пĕлсен, —

2. Иисус Хăй шыва кĕртмен, Унăн вĕренекенĕсем кĕртнĕ, —

3. Иудейăран тухса каллех Галилейăна кайнă.

4. Унăн Самария урлă каймалла пулнă.

5. Çапла Вăл Самарийăри Сихарь ятлă хулана пынă, çав хула, Иаков хăйĕн ывăлне Иосифа панă çĕр лаптăкĕ çывăхĕнче пулнă;

6. Унта Иаковăн çăлĕ пулнă. Иисус çул çинче ывăннăскер, çав çăл патне ларнă; ун чух улттăмĕш сехет тĕлĕ пулнă.

7. Самарийăран пĕр арăм шыв ăсма пынă. Иисус ăна каланă: "Мана шыв ĕçме пар", — тенĕ.

8. Унăн вĕренекенĕсем хулана çимелли илме кайнă пулнă.

9. Самария арăмĕ Иисуса каланă:" Эсĕ Иудей çынни мĕнле тата манран, Самария арăмĕнчен ĕçме ыйтатăн? Иудей çыннисем Самария çыннисемпе хутшăнмаççĕ вĕт", — тенĕ.

10. Иисус ăна хирĕç каланă: "Эсĕ Туррăн ырлăхне пĕлнĕ пулсан, хăвăнтан: "Мана ĕçме пар", — тесе Кам ыйтнине пĕлсен, ху Унран ыйтнă пулăттăн, вара Вăл сана чĕрĕлĕх шывĕ парĕччĕ", — тенĕ.

11. Арăм Ăна каланă: "Ырă çын! Санăн ăсмалли нимĕн те çук, ку çăл тарăн: чĕрĕлĕх шывне Эсĕ ăçтан илĕн?

12. Эсĕ вара, пире çак çăла алтса панă Иаков аттемĕртен те аслă-и? Вăл хăй те, унăн ачисем те, выльăх-чĕрлĕхĕ те çак çăлран ĕçсе пурăннă", —тенĕ.

13. Иисус ăна хирĕç каланă: "Çак шыва ĕçекенĕн кирек камăн та татах ĕçесси килет;

14. Эпĕ паракан шыва кам ĕçет, унăн ĕмĕрех ĕçесси килмĕ; Эпĕ паракан шыв ун ăшĕнче, ĕмĕрлĕх пурнăçалла юхакан шывăн çăлĕ пvлса тăрĕ", —тенĕ.

15. Арăм Ăна каланă: "Ырă çын! Çав шыва мана парсам, манăн ĕçес ан килтĕрччĕ, çакăнта шыв ăсма та килмелле ан пултăрччĕ", — тенĕ.

16. Иисус ăна каланă: "Кайса хăвăн упăшкуна кунта чĕнсе кил", — тенĕ.

17. Арăм хирĕç каланă: "Манăн упăшкам çук", — тенĕ. Иисус арăма каланă: "Упăшкам çук тесе эсĕ тĕрĕс каларăн;

18. Санăн пилĕк упăшкаччĕ, халĕ пурăнаканни санăн упăшку мар, эсĕ çавна тĕрĕс каларăн", — тенĕ.

19. Арăм Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! Ĕнтĕ

пĕлетĕп, Эсĕ пророк;
20. Пирĕн аттесем Турра çак ту çинче пуççапнă; эсир калатăр, пуççапса пурăнмалли вырăн Иерусалимре тетĕр", — тенĕ.
21. Иисус ăна каланă: "Ĕнен Мана, вăхăт çитет ĕнтĕ, Аттене çак ту çинче е Иерусалимре анчах пуççапмăр;
22. Эсир хăвăр мĕне пуççапнине пĕлместĕр; эпир хамăр мĕне пуççапнине пĕлетпĕр, çăлăнăç Иудейсенчен тухмалла;
23. Вăхăт çитĕ, çитрĕ те ĕнтĕ, тĕрĕс пуççапакансем Аттене сывлăшпа, чăнлăхпа пуççапĕç, Атте Хăйне валли çавăн пек пуççапакансене шырать:
24. Турă Вăл сывлăш, Ăна пуççапакансен те сывлăшпа, чăнлăхпа пуççапмалла", — тенĕ.
25. Арăм Ăна каланă: "Христос текен Мессия килмеллине эпĕ пĕлетĕп; Вăл килсен, пире пĕтĕмпех каласа пĕлтерĕ", — тенĕ.
26. Иисус арăма каланă: "Вăл Эпĕ, санпа Калаçакан", — тенĕ.
27. Çав вăхăтра Унăн вĕренекенĕсем таврăннă та, Вăл арăмпа калаçнинчен питĕ тĕлĕннĕ; çапах пĕри те: "Эсĕ унран мĕн ыйтатăн, мĕн çинчен унпа калаçатăн?" — тесе каламан.
28. Арăм вара шыв савăтне лартса хăварнă та, хулана кайса çынсене каланă:
29. "Кайса пăхăр-ха, пĕр Çын мана, эпĕ хам пурнăçра мĕн тунине пĕтĕмпех каласа пачĕ: Вăл Христос мар-ши?" — тенĕ.
30. Çынсем хуларан тухса Ун патне кайнă.
31. Çав хушăра вĕренекенĕсем Ăна каланă: "Равви! çи", — тенĕ.
32. Вăл вĕсене каланă: "Манăн эсир пĕлмен çи-

мелли пур”, — тенĕ.

33. Çавăнпа вĕренекенĕсем пĕр-пĕрне каланă: ”Кам та пулин Ун валли çимелли илсе килнĕ-ши вара?” — тенĕ.

34. Иисус вĕсене каланă: ”Манăн çимелли вăл, Мана Яраканăн ирĕкне тăвасси тата Унăн ĕçне туса çитересси.

35. Тырă вырас вăхăт тата тăватă уйăхран çитет тесе каламастăр-и эсир? Эпĕ калатăп сире: куçăрсене уçса тырă пуссинелле пăхăр-ха? Тырă мĕнле шуралса çитсе вырмалла пулнă.

36. Выраканĕ ĕмĕрлĕх пурнăç валли çимĕç пуçтарса хăйне тивĕçлине илет, çапла вара акаканĕ те, выраканĕ те пĕрле савăнĕç;

37. Ку тĕлĕшрен: ”Пĕри акать, тепри вырать” — тесе калани тĕрĕс.

38. Эпĕ сире, хăвăр ĕçлесе акманнине вырма ятăм: ыттисем ĕçлерĕç, эсир вĕсен ĕçне хутшăнтăр”, — тенĕ.

39. Арăм хăй мĕн тунине, пурне те Иисус ăна каласа панине халăха пĕлтерсен, vн сăмахĕ тăрăх çав хулари Самария çыннисем нумайăшĕ Иисуса ĕненнĕ.

40. Çавăнпа та Самария çыннисем Иисус патне пырсан, Ăна хăйсем патне пыма ыйтнă; Вăл вара унта икĕ кун пурăннă.

41. Унăн сăмахĕ тăрăх тата нумай çын ĕненнĕ.

42. Вĕсем вара çав арăма каланă: ”Ĕнтĕ сан сăмахху тăрăх кăна ĕненместпĕр, Вăл чăнах та тĕнчене Çăлакан Христос иккенне, хамăр илтсе пĕлтĕмĕр”, — тенĕ.

**Патша умĕнче тăракан çыннăн ывăлне сыватни — Христос Турă иккенне пĕлтерекен паллă**

43. Икĕ кун иртсен, Вăл унтан тухса Галилейăна кайнă;
44. Пророка хăй çуралнă çĕршывра хисеплемеççĕ тесе, Иисус Хăех каласа кăтартнă.
45. Вăл Галилейăна пырсан, Галилея çыннисем, Иерусалимри праçникре Иисус мĕн тунине пурне те курнăскерсем Ăна йышăннă, — праçнике вĕсем те кайнă пулнă.
46. Çапла Иисус каллех, шывран эрех тунă çĕре, Галилейăри Кана хулине пынă. Капернаумра патша умĕнче тăракан çыннăн ывăлĕ чирлĕ выртнă пулнă.
47. Иисус Иудейăран Галилейăна пынине илтсен, вăл Ун патне пынă та, Ăна хăйĕн вилес пек выртакан ывăлне пырса сыватма тархасланă.
48. Иисус ăна каланă: "Эсир паллăсем, хăватсем курмасăр та ĕненместĕр", — тенĕ.
49. Патша умĕнче тăракан çын Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! Ывăлăм виличчен пырсам", — тенĕ.
50. Иисус каланă: "Каях ĕнтĕ, санăн ывăлу сывалчĕ", — тенĕ. Вăл вара Иисус хăйне каланă сăмаха ĕненсе кайнă.
51. Çул çинче тарçисем ăна хирĕç пулса каланă: "Санăн ывăлу сывалчĕ", — тенĕ.
52. Вăл вĕсенчен: "Хăш сехетре ăна çăмăл пулчĕ?" — тесе ыйтнă. Лешсем каланă:" "Ĕнер, çиччĕмĕш сехетре сивчир унран кайрĕ", — тенĕ.
53. Çакăнтан ача ашшĕ, Иисус хăйне: "Санăн ывăлу сывалнă" — тесе калани çав сехетре пулнине пĕлнĕ. Вара хăй те, унăн пĕтĕм килйышĕ те Иисуса ĕненнĕ.
54. Çак иккĕмĕш тĕлĕнмелле ĕçе Иисус, Иудейăран Галилейăна таврăнсан тунă.

## 5 - мĕш ГЛАВА

**Халран кайнă çынна сыватни.**

1. **ÇАВĂН** хыççăн Иудейсен праçникĕ, çитнĕ, Иисус та Иерусалиме пынă.

2. Иерусалимре Сурăх хапхи патĕнче шыва кĕмелли вырăн пур, ăна еврейле Вифезда *(хĕрхенӳ çурчĕ)* теççĕ, унта тăррине витсе тунă кĕрсе тухмалли пилĕк çул пулнă:

3. Çавăнта темĕн чухлĕ чирлĕ çынсем, суккăррисем, уксаххисем, алли-ури типнисем шыв пăлханасса кĕтсе выртнă;

4. Мĕншĕн тесен, Туррăн Ангелĕ вăхăтăн-вăхăтăн шыва кĕмелли вырăна анса шыва пăлхатнă, шыв пăлханнă вăхăтра кам унта малтан кĕнĕ, çавă мĕнле чирпе асаплансан та сывалнă.

5. Çавăнта вăтăр сакăр çул чирпе асапланакан çын пулнă.

6. Иисус ăна курсан, вăл питĕ нумай вăхăт чирлĕ выртнине пĕлсе ăна каланă: "Санăн сывалас килет-и?" — тенĕ.

7. Чирлĕ çын Ăна хирĕç каланă: "Вĕрентекен, сывалас килет, анчах та шыв пăлахансан, мана шыва кĕртекен çын çук; эпĕ пынă çĕре, манран малтан тепри кĕрсе ĕлкĕрет".

8. Иисус ăна каланă: "Тăр, хăвăн вырăнна ил те çӳре", — тенĕ.

9. Вăл çавăнтах сывалнă та хăйĕн вырăнне илсе кайнă. Çак ĕç шăматкун пулнă.

10. Çавăнпа Иудейсем сывалнă çынна каланă: "Паян шăматкун, санăн вырăнна илме юрамасть", — тенĕ.

11. Вăл вĕсене каланă: ”Хама Сыватакан мана, хăвăн вырăнна ил те, çӳре тесе каларĕ”, — тенĕ.

12. Унран вĕсем ыйтнă: ”Сана, вырăнна ил те çӳре тесе калакан Çын, кам Вăл?” — тенĕ.

13. Сывалнă çын, Вăл камне пĕлмен, мĕншĕн тесен Иисус çавăнта тăракан халăх хушшине кĕрсе курăнми пулнă.

14. Кайран Иисус ăна чиркӳре тĕл пулса каланă: ”Акă, эсĕ сывалтăн; урăх çылăха ан кĕр, сана тата усалрах ан пултăр”, — тенĕ.

15. Çав çын Иудейсем патне кайнă та: ”Мана сыватакан Иисус” — тесе каласа кăтартнă.

16. Иудейсем вара, çавăн пек ĕçсене шăматкун тунăшăн Иисуса хăвалама пуçланă; Ăна вĕлерме май шыранă.

## Иисус—”Турăпа пĕр танлă”

17. Иисус вĕсене каланă: ”Манăн Аттем Хăйĕн ĕçне ку таранччenех тăвать, Эпĕ та тăватăп”, — тенĕ.

18. Иудейсем вара Иисуса шăматкуна хисеплеменнишĕн анчах мар, Турра Хăйĕн Ашшĕ тесе, Хăйне Турăпа пĕр тана хунăшăн вĕлерессшĕн пулса тата ытларах май шыранă.

19. Çавна хирĕç Иисус каланă: ”Чăн-чăнах калатăп сире; Ашшĕ тунине курмасан, Ывăлĕ Хăй тĕллĕн нимĕн те тума пултараймасть; Ашшĕ мĕн тăвать, Ывăлĕ те çавнах тăвать,

20. Мĕншĕн тесен Ашшĕ Ывăлне юрататъ, Хăй мĕн тунине пурне те Ăна кăтартать; çаксенчен те пысăк ĕçсем Ăна кăтартĕ, эсир вара тĕлĕнĕр.

21. Ашшĕ вилнисене чĕртсе пурнăç панă пек, Ывăлĕ те чĕртес тенине чĕртет.

22. Ашшĕ никама та суд тумасть, суд тăвассине

Вăл пĕтĕмпех Ывăлне панă.

23. Ашшĕне хисепленĕ пек, Ывăлне те пурте хисеплеччĕр, тенĕ. Ывăлне хисеплеменни, Ăна Яракан Ашшĕне те хисеплемест.

24. Чăн-чăнах калатăп сире; Ман сăмаха итлесе, мана Яракана ĕненекен ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулать; вăл суда пымасть, вилĕрмен чĕрĕлĕхе куçать.

25. Чăн-чăнах калатăп сире; вăхăт çитет, çитрĕ те ĕнтĕ, вилнĕ çынсем Турă Ывăлĕн сассине илтĕç, илтсессĕн чĕрĕлсе тăрĕç.

26. Ашшĕн мĕнле Хăй ăшĕнче чĕрĕлĕх пурнăç пур, çавăн пекех Ывăлĕн ăшне те чĕрĕлĕх пурнăç панă;

27. Вăл Этем Ывăлĕ, çавăнпа суд тума та Ăна ирĕк панă.

28. Çакăншăн ан тĕлĕнĕр: вăхăт çитет ĕнтĕ, тупăкра выртакансем пурте Турă Ывăлĕн сассине илтĕç;

*29. Ырă тунисем ĕмĕрех савăнса пурăнма чĕрĕлсе тăрĕç, усал ĕç тvнисем айăпа юлма чĕрĕлсе тăрĕç.

30. Хам тĕллĕн Эпĕ нимĕн те тума пултараймастăп. Мĕнле илтетĕп, çапла суд тăватăп; Эпĕ суд туни тĕрĕс, мĕншĕн тесен Хамăн ирĕке шырамастăп, Мана Яракан Аттен ирĕкне тăватăп.

31. Эпĕ, Хам çинчен Хамах каласа пĕлтеретĕп пулсан, Эпĕ калани чăн пулмĕччĕ:

## Христос çинчен каласа пĕлтерекен

32. Ман çинчен каласа пĕлтерекен урăххи пур: Эпĕ пĕлетĕп, вăл Ман çинчен каласа пĕлтерни чăн;

33. Эсир Иоанн патне ятăр, вăл вара чăнлăх çинчен каласа пĕлтерчĕ.

34. Анчах Мана, Хам çинчен çын каласа пĕлтерни кирлĕ мар, çакна Эпĕ сире çăласшăн калатăп.

35. Иоанн вăл, çунса çутатакан çутă пулнă; эсир ун çуттинче кăшт анчах савăнса тăрасшăн пултăр.

36. Ман çинчен Иоаннран ытларах пĕлтерекен пур; Атте Мана тума панă ĕçсем, çак Эпĕ тăвакан ĕçсем Ман çинчен, Мана Атте янине пĕлтерсе тăраççĕ.

37. Мана Яракан Атте, Ман çинчен Хăй каласа пĕлтерчĕ. Эсир Ун сассине нихăçан та илтмен, Унăн Сăнне те курман.

38. Унăн сăмахне те хăвăр ăшăрта тытмастăр, мĕншĕн тесен эсир Вăл Янине ĕненместĕр.

39. Çырăва тишкерсе пăхăр, ун урлă эсир ĕмĕрлĕх пурнăç тупма шухăшлатăр; вăл Ман çинчен пĕлтерет.

40. Анчах та, ĕмĕрлĕх пурнăç илме эсир Ман пата килесшĕн мар.

41. Эпĕ çынсем мухтанине йышăнмастăп.

42. Эпĕ сире пĕлетĕп; сирĕн ăшăрта Турра юратас кăмăл çук.

43. Эпĕ, Хамăн Аттен ячĕпе килтĕм, çавăнпа та Мана йышăнмастăр; тепри хăйĕн ячĕпе килсен, ăна йышăнатăр.

44. Эсир пĕр-пĕрне мухтаса пурăнатăр пулсан, Туррăн мухтавне шырамасан епле ĕненĕр?

45. Ман çинчен эсир, Ашшĕ умĕнче пире айăплĕ тесе ан шухăшлăр; сире айăплама хăвăр шанса тăракан Моисей пур.

46. Моисее ĕненнĕ пулсан, эсир Мана та ĕненнĕ пулăттăр, мĕншĕн тесен вăл Ман çинчен çырнă.

47. Вăл çырнине ĕненместĕр пулсан, Ман сăмаххене мĕнле ĕненĕр?"

## 6 - мĕш ГЛАВА

### Пилĕк пин çынна тăрантарни

1. **ИИСУС** çавăн хыççăн, Галилейăри Тивериада тинĕсĕн тепĕр енне кайнă;

2. Ун хыçĕнчен темĕн чухлĕ халăх пынă, мĕншĕн тесен вĕсем, Вăл чирлисене сыватса хăватсем тунине курнă.

3. Иисус ту çине хăпарнă та, унта Хăйĕн вĕренекенĕсемпе ларнă.

4. Иудĕйсен Пасха праçникĕ çывхарса килнĕ.

5. Иисус пуçне çĕклесе пăхнă та, Хăй патне темĕн чухлĕ халăх пынине курса, Филиппа каланă: ”Вĕсене тăрантармаллăх пирĕн çăкăр ăçтан сутăн илмелле-ши?” — тенĕ.

6. Çакна Вăл Филиппа сăнаса каланă, мĕншĕн тесен Хăй мĕн тăвассине, Вăл пĕлсе тăнă.

7. Филипп Ăна хирĕç каланă: ”Пурне те пĕр тан тивтĕр тесен те, вĕсене икçĕр динарийлĕх çăкăр çитес çук”, — тенĕ.

8. Унăн вĕренекенĕсенчен пĕри, Петр текен Симон шăллĕ Андрей Ăна каланă:

9. ”Кунта пĕр ачан пилĕк урпа çăкăрĕпе икĕ пĕчĕк пулă пур, анчах çакăн чухлĕ нумай халăха мĕн вăл?” — тенĕ.

10. Иисус каланă: ”Вĕсене ларма хушăр”, — тенĕ. Çав вырăнта çерем нумай пулнă. Çапла вара пĕр пилĕк пин çынна яхăн ларса тухнă.

11. Иисус çăкăрсене илсе Турра тав тунă та, вĕренекенĕсене панă, вĕренекенĕсем ларакан халăха валеçсе панă; пуллине те кам мĕн чухлĕ çиес тенĕ,

çавăн чухлĕ панă.

12. Çисе тăрансан, Хăйĕн вĕренекенĕсене каланă: ”Юлнă татăксене пуçтарăр, нимĕн те сая ан кайтăр”, — тенĕ.

13. Пилĕк урпа çăкăрне çиекенсенчен юлнă татăксене пуçтарса, вуникĕ кунтă туллиех тултарнă.

14. Иисус тунă хăвата куракансем çавăн чух каланă: ”Ку чăнах та тĕнчене килмелли Пророк”, — тенĕ.

## Христосăн малтанхи тĕлĕнмелле ĕçĕсем — шыв çинче утни

15. Çынсем Ăна систермесĕр тытса патша тăвас тенине илтсен, Иисус каллех ту çине пĕчченех кайнă.

16. Каç пулсан Унăн вĕренекенĕсем тинĕс хĕррине аннă,

17. Унтан кимĕ çине ларса тинĕсĕн тепĕр енне Капернаума кайнă. Тĕттĕмленсе çитнĕ, анчах Иисус вĕсем патне пыман.

18. Çил хытă вĕрнипе тинĕс хумханса тăнă.

19. Пĕр çирĕм пилĕк е вăтăр стадийăна яхăн ишсе кайсан вĕсем, Иисус тинĕс çинче утса пынине тата Вăл кимĕ патне çывхарнине курсан, хăраса кайнă.

20. Вăл вĕсене каланă: ”Ку Эпĕ, ан хăрăр”, — тенĕ.

21. Вĕсем Ăна кимĕ çине лартасшăн пулнă; çав вăхăтрах кимми хăйсем ишсе пыракан çыран хĕррине çитсе чарăннă.

## Христос — Чĕрĕлĕх Çăкăрĕ

22. Тепĕр кунне, тинĕс леш енче тăракан халăх, Иисусăн вĕренекенĕсем кĕнĕ кимĕрен пуçне унта

урӑх кимӗ пулманнине тата Хӑйӗн вӗренекенӗсемпе Иисус кимӗ ҫине кӗменнине, вӗренекенӗсем хӑйсем анчах ларса кайнине пӗлнӗ.

23. Ҫав вӑхӑтра, Иисус пиллесе панӑ ҫӑкӑра ҫинӗ вырӑн ҫывӑхне Тивериадӑран урӑх кимӗсем пынӑ;

24. Ҫапла вара, Иисус та Унӑн вӗренекенӗсем те унта ҫуккине пӗлсен, халӑх кимӗсем ҫине ларнӑ та, Иисуса шыраса Капернаума ишсе пынӑ.

25. Вара Ӑна тинӗсӗн тепӗр енче тупса каланӑ: "Равви, Эсӗ кунта хӑҫан килтӗн?" — тенӗ.

26. Иисус вӗсене хирӗҫ каланӑ: "Чӑн-чӑнах калатӑп сире, эсир Мана хӑватсем курнӑран шырамастӑр, ҫӑкӑр ҫисе тӑраннӑран шыратӑр.

27. Ҫӗрекен ҫимеллишӗн ан тӑрӑшӑр, ӗмӗрлӗх пурнӑҫ паракан ҫимеллишӗн тӑрӑшӑр, ҫавна сире Этем Ывӑлӗ парать; мӗншӗн тесен Атте Турӑ, Ун ҫине Хӑйӗн *(пичетне)* паллине хунӑ".

28. Вара Ӑна каланӑ: "Турӑ ӗҫне тӑвас тесен, пирӗн мӗн тумалла?" — тенӗ.

29. Иисус вӗсене каланӑ: "Акӑ Турӑ ӗҫӗ, Вӑл Кама янӑ, эсир Ҫавна ӗненӗр", — тенӗ.

30. Ҫакна хирӗҫ Ӑна каланӑ: "Эпир курса Сана ӗненме, Эсӗ пире мӗнле паллӑсем кӑтартӑн, мӗнле хӑват тӑвӑн?

31. Пирӗн аттесем пушхирте маннӑ ҫинӗ, ун ҫинчен ҫапла ҫырнӑ: "Пӗлӗт ҫинчен вӗсене ҫимелли ҫӑкӑр панӑ", — тенӗ. *(Псал. 77:24)*

32. Иисус вӗсене каланӑ: "Чӑн-чӑнах калатӑп сире: Моисей пӗлӗт ҫинчен сире ҫӑкӑр паман, чӗрӗлӗх ҫӑкӑрне сире Манӑн Атте пӗлӗт ҫинчен парать;

33. Туррӑн ҫӑкӑрӗ Ҫавӑ ӗнтӗ, Вӑл пӗлӗт ҫинчен анса тӗнчене чӗрӗлӗх пурнӑҫ парать".

34. Вӗсем Ӑна каланӑ: "Вӗрентекен! Эсӗ пире

яланах çавăн пек çăкăр парса тăр", — тенĕ.

35. Иисус вĕсене каланă: "Чĕрĕлĕх Çăкăрĕ Эпĕ; Ман пата килекенĕн нихăçан та çиесси килмĕ, Мана ĕненекенĕн нихăçан та ĕçесси килмĕ.

36. Эпĕ ĕнтĕ сире каларăм, эсир Мана куртăр, çапах ĕненместĕр.

37. Атте Мана панисем пурте Ман пата килĕç, Ман пата килекенсене Эпĕ никама та хăваласа ямастăп.

38. Мĕншĕн тесен Эпĕ пĕлĕт çинчен Хамăн ирĕке тума анман, мана Яракан Аттен ирĕкне тума аннă.

39. Мана Яракан Аттен ирĕкĕ ак çакă; Вăл Мана панисенчен пĕрне те çухатмалла мар, юлашки кун пурне те вилĕмрен чĕртсе тăратмалла.

40. Мана Яраканăн ирĕкĕ ак çапла; Ывăлне курса тата Ăна ĕненсе тăракан кирек кам та ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулать. Эпĕ ăна юлашки кун чĕртсе тăратăп", — тенĕ.

41. Эпĕ пĕлĕт çинчен аннă çăкăр тенĕшĕн, Иудейсем Иисуса ўпкелесе каланă:

42. "Ку, Иосиф Ывăлĕ Иисус мар-и вара? Эпир Унăн ашшĕпе амăшне те пĕлетпĕр, мĕнле тата Вăл: "Эпĕ пĕлĕт çинчен аннă тесе калать?" — тенĕ.

43. Иисус вĕсене хирĕç каланă: "Хăвăр хушшăрта ўпкелешсе ан калаçăр.

44. Мана Яракан Атте илсе пымасан, Ман пата никам та килеймĕ; Ман пата килекене Эпĕ юлашки кун чĕртсе тăратăп.

45. Пророксен кĕнекинче çапла çырнă: "Турă пурне те вĕрентсе çитерĕ", — тенĕ. Аттерен илтсе вĕренекен кирек кам та Ман пата килет. *(Исаий 54:13)*

46. Ку вăл, кам та пулин Аттене курнă тени пул-

масть; Тураран Килнисĕр пуçне Ашшĕне никам та курман, Вăл Ашшĕне курнă.

47. Чăн-чăнах калатăп сире; Мана ĕненекен ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулать.

48. Эпĕ чĕрĕлĕх Çăкăрĕ.

49. Сирĕн аçăрсем пушхирте маннă çисен те вилнĕ.

50. Пĕлĕт çинчен анакан çăкăр çавнашкал, ăна çиекен никам та вилмест.

51. Эпĕ çӳлтен аннă, чĕрĕлĕх Çăкăрĕ: çав çăкăра çиекен ĕмĕрех пурăнĕ; Эпĕ паракан çăкăр, вăл Манăн Ӳт, Эпĕ ăна тĕнчене çăласшăн паратăп", — тенĕ.

52. Вара Иудейсем, хăйсем хушшинче тавлашма пуçланă: "Вăл мĕнле Хăйĕн Ӳтне пире çиме парĕ?" — тенĕ вĕсем.

53. Иисус вĕсене каланă: "Чăн-чăнах калатăп сире: эсир Этем Ывăлĕн Ӳтне çимесен, Унăн Юнне ĕçмесен, сирĕн ăшăрта чĕрĕлĕх пулмĕ;

54. Манăн Ӳте çиекен, Ман Юна ĕçекен ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулать, Эпĕ ăна юлашки кун чĕртсе тăратăп;

55. Мĕншĕн тесен Манăн Ӳтĕм чăн çимĕç, Манăн Юнăм чăн та чуншăн ĕçмелли япала;

56. Манăн Ӳте çиекен, Ман Юна ĕçекен, Ман ăшра тăрать, Эпĕ те ун ăшĕнче тăратăп;

57. Мана чĕрĕ Атте ячĕ, Эпĕ Аттепе пурăнатăп, çапла Манăн Ӳте çиекен те Манпа пурăнĕ;

58. Пĕлĕт çинчен аннă çăкăр çавă ĕнтĕ; сирĕн аçăрсем çинĕ маннă пек мар вăл, вĕсем вилнĕ: çак çăкăра çиекен ĕмĕрех пурăнĕ".

59. Çакна Вăл Капернаумра, синагогăра вĕрентнĕ чухне каланă.

60. Çавна илтсен, Унăн вĕренекенĕсенчен нумайăшĕ каланă :"Темĕнле сăмахсем калать Вăл, çав-

на кам итлесе тăрĕ?" — тенĕ.

61. Вĕренекенĕсем çавăншăн ӳпкелешнине Хăй ăшĕнче пĕлсе, Иисус вĕсене каланă: "Сире çав та иккĕлентерет-и?

62. Этем Ывăлĕ Хăй малтан пулнă вырăна çĕкленнине курсан, эсир тата мĕн калăр?

63. Сывлăш чĕрĕлĕх парать, ӳт пĕртте усă памасть; Эпĕ сире каланă сăмахсем, Сывлăшпа чĕрĕлĕх;

64. Çапах сирĕн хушшăрта ĕненменнисем те пур", — тенĕ. Иисус малтанах, кам ĕненменнине тата Хăйне кам тытса парассине пĕлнĕ.

65. Вара Вăл каланă: "Эпĕ сире çавăнпа каларăм, Манăн Атте уçса памасан, Ман пата никам та килме пултараймĕ", — тенĕ.

66. Çавăн хыççăн Унăн вĕренекенĕсем нумайăшĕ Ăна пăрахса кайнă, вара вĕсем урăх Унпа çӳремен.

**Петр хăй ĕненни çинчен çирĕппĕн калани**

67. Çавăн чух Иисус, вуникĕ вĕренекенне каланă: "Эсир те Мана пăрахса каяссăн мар-и?" — тенĕ.

68. Петр текен Симон Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! Кам патне каяс пирĕн? Санра ĕмĕрлĕх пурнăç сăмахĕсем.

69. Эсĕ чĕрĕ Туррăн Ывăлĕ-Христос иккенне эпир ĕнентĕмĕр те, пĕлтĕмĕр те", — тенĕ.

70. Иисус вĕсене каланă: "Эпĕ сире вуникĕ çын суйласа илмерĕм-и? Анчах та сирĕнтен пĕри шуйттан".

71. Çакна Вăл, Симон ывăлĕ Иуда Искариот çинчен каланă, мĕншĕн тесен çавă вуникĕ вĕренекенĕсенчен пĕри, Иисуса тытса парасшăн пулнă.

# 7 - мĕш ГЛАВА

## Иисус чатăр кармалли праçник вăхăтĕнче вĕрентни

1. **ÇАВĂНТАН** кайран Иисус Галилейăра çӳренĕ, Иудейсем Ăна вĕлерме шыранă пирки, Вăл Иудейăра çӳресшĕн пулман.

2. Иудейсен-чатăр кармалли праçникĕ çывхарса килнĕ.

3. Çавăн чух Иисусăн тăванĕсем Ăна каланă: "Эсĕ кунтан Иудейăна тухса кай, Эсĕ тăвакан ĕçсене Санăн вĕренекенӳсем те курччăр;

4 Паллă çын пулас тесен никам та, нимĕн те вăрттăн тумасть; Эсĕ çав тери хăватлă ĕçсем тăватăн пулсан, Хăвна тĕнчене кăтарт", — тенĕ.

5. Иисуса Хăйĕн тăванĕсем те ĕненмен.

6. Çавна хирĕç Иисус вĕсене каланă: "Манăн вăхăт çитмен-ха, сирĕншĕн яланах вăхăт;

7. Тĕнче сире кураймасăр тăма пултараймасть, Мана вăл кураймасть, мĕншĕн тесен Эпĕ ун ĕçĕсем усаллине каласа кăтартатăп;

8. Эсир ку праçнике кайăр, Эпĕ халь çак праçнике каймастăп, мĕншĕн тесен Манăн вăхăт çитмен-ха", — тенĕ.

9. Вĕсене çакна каласан, Хăй Галилейăрах юлнă.

10. Унăн тăванĕсем праçнике пырсан, Вăл та унта курăнмасăр, вăрттăн пынă.

11. Иудейсем праçникре: "Вăл ăçта-ши?" тесе, Ăна шыранă.

12. Халăх хушшинче Ун çинчен тĕрлĕрен калаçнă; пĕрисем: "Вăл ырă" — тенĕ. Теприсем каланă: "Çук! Вăл халăха улталать", — тенĕ.

13. Анчах Иудейсенчен хăраса, пĕри те Ун çинчен усăмлă каламан.

14. Шăпах çур праçник вăхăтĕнче, Иисус чиркĕве кĕрсе вĕрентме пуçланă.

15. Иудейсем тĕлĕнсе каланă: "Вăл вĕренмесĕрех Çырăва мĕнле пĕлет-ха?" — тенĕ.

16. Иисус вĕсене хирĕç каланă: "Эпĕ вĕрентни-Манăн мар, Мана Яраканăн;

17. Кам Унăн ирĕкне тăвас тет, вăл çак вĕрентĕве пĕлĕ, Турăран-и вăл, е Эпĕ ăна Хамран калатăп.

18. Хăйĕнчен калакан хăйне валли мухтав шырать; кам Хăйне Яракан валли мухтав шырать, Вăл тĕрĕс, Унра ултавлăх çук.

19. Сире Моисей закон паман-и? Çапах та эсир пĕри те закона тытса тăмастăр. Мĕншĕн Мана вĕлерме шыратăр?" — тенĕ.

20. Халăх Ăна хирĕç каланă: "Санăн ăшăнта шуйттан мар-и? Кам Сана вĕлерме шырать?" — тенĕ.

21. Иисус вĕсене татах каланă: "Эпĕ пĕр ĕç турăм та, эсир пурте тĕлĕнетĕр;

22. Моисей сире ӳт кастарма хушнă, — анчах вăл йăла Моисейрен мар, аçăрсенчен тухнă, — çавăнпа эсир шăматкун та çын ӳтне касатăр.

23. Моисей законне пăсас мар тесе, çын хăйĕн ӳтне шăматкун кастарать пулсан, — Эпĕ шăматкун çынна чирĕнчен пĕтĕмпех сыватнăшăн, Ман çине çилленетĕр-и?

24. Çиелтен пăхса ан айăплăр, тĕрĕс суд туса айăплăр", — тенĕ.

25. Çавăн чух Иерусалим çыннисенчен хăшпĕрисем каланă: "Çакна, вĕлересшĕн шырамаççĕ-и?

26. Акӑ, Вӑл кӗретех калаҫать, Ӑна нимӗн те каламаҫҫӗ; Вӑл чӑнах та Христос иккенне пуҫлӑхсем пӗлсе ҫитмен-ши?

27. Анчах Вӑл ӑҫтан иккенне эпир пӗлетпӗр; Христос килсен, Вӑл ӑҫтан иккенне никам та пӗлмӗ", — тенӗ.

28. Ҫавӑн чух Иисус чиркӳре вӗрентсе хыттӑн каланӑ: "Эсир Мана пӗлетӗр, Эпӗ ӑҫтан килнине те пӗлетӗр; Эпӗ Хам тӗллӗн килмен, Мана Яракан чӑн, эсир Ӑна пӗлместӗр;

29. Эпӗ Ӑна пӗлетӗп, мӗншӗн тесен Эпӗ Ун патӗнчен килнӗ, Вӑл Мана ячӗ", — тенӗ.

30. Вӗсем Иисуса тытасшӑн пулнӑ, ҫапах Ун ҫине аллине хуман, мӗншӗн тесен Унӑн вӑхӑчӗ ҫитмен.

31. Халӑх хушшинчен нумайӑшӗ Ӑна ӗненсе каланӑ: "Христос килсен, Ку тунӑ хӑватсенчен те ытларах хӑватсем тӑвӗ-ши вара?" — тенӗ.

32. Халӑх хушшинче Ун ҫинчен ҫапла калаҫнине фарисейсем илтсен, хӑйсен тарҫисемпе пуп-пуҫлӑхӗсен тарҫисене Иисуса тытма янӑ.

33. Иисус вӗсене каланӑ: "Манӑн сирӗнпе пӗрле нумаях пулмалла мар ӗнтӗ, Эпӗ Хама Яракан патне каятӑп;

34. Мана шырасан та тупаймӑр; Эпӗ каякан ҫӗре эсир пыраймӑр", — тенӗ.

35. Вара Иудейсем пӗр-пӗрне каланӑ: "Эпир тупмалла мар ҫӗре Вӑл ӑҫта каять-ши? Саланса кайнӑ Еллинсем патне кайса, Вӑл Еллинсене вӗрентесшӗн мар-ши?

36. Мана шырасан та тупаймӑр; Эпӗ каякан ҫӗре эсир пыраймӑр, тенӗ сӑмахсем тата Унӑн мӗне пӗлтереҫҫӗ-ши?" — тенӗ.

37. Аслӑ праҫникӗн юлашки кунӗнче, Иисус тӑрса хытӑ сасӑпа каланӑ:" Камӑн ӗҫес килет, Ман

пата килсе ĕçĕр;
38. Мана ĕненекенĕн ăшĕнчен, Çырура каланă пек, чĕрĕлĕх шывĕ юхса тухĕ” *(Исаий 12:3; Иоиль 3:18)*.
39. Çакна Вăл, Хăйне ĕненекенсем илес Святой Сывлăш çинчен каланă, ун чухне вĕсем çинче Святой Сывлăш пулман-ха, мĕншĕн тесен Иисус ун чух мухтава тухман.

## Халăх хушшинче Иисус çинчен тавлашни

40. Çак сăмахсене илтсен, халăх хушшинче нумайăшĕ каланă: ”Ку чăнах та пророк”, — тенĕ.
41. Теприсем каланă: ”Ку Христос”, — тенĕ. Тата хăшпĕрисем каланă: ”Христос Галилейăран килет-и вара?
42. Çырура каламан-и, Христос Давид ăрăвĕнчен, Вифлеемре Давид çуралнă çĕртен килĕ тесе?” —тенĕ.
43. Çапла халăх хушшинче Ун пирки тавлашу тухнă.
44. Вĕсенчен хăшĕ-пĕрисем Ăна тытасшăн пулнă; çапах никам та Ун çине алă хуман.
45. Вара пуп-пуçлăхĕсемпе фарисейсем патне тарçисем таврăнсан, лешсем тарçисене каланă: ”Эсир мĕншĕн Ăна тытса килмерĕр?” — тенĕ.
46. Тарçисем каланă: ”Çав Çын калаçнă пек, çын нихăçан та калаçман”, — тенĕ.
47. Фарисейсем вĕсене каланă; ”Эсир те улталантăр-и?” — тенĕ.
48. Пуçлăхсемпе фарисейсенчен кам та пулин Ăна ĕненнĕ-ши?
49. Çапах та çак халăх закона пĕртте пĕлмест, вăл ылханлă.
50. Вĕсенчен пĕри, Иисус патне çĕрле пынă Ни-

кодим вӗсене каланӑ:
51. "Пирӗн закон, ҫын мӗн тунине малтан хӑйӗн-
чен ыйтса пӗлмесӗр, ӑна айӑплать-и?" — тенӗ.
52. Ҫавна хирӗҫ вӗсем ӑна каланӑ: "Эсӗ те Га-
лилейӑран мар-и? Пӑхса тух, вара Галилейӑран про-
рок килмелле маррине курӑн", — тенӗ.
53. Унтан пурте килӗсене саланнӑ.

## 8 - мӗш ГЛАВА

### Ҫылӑхлӑ хӗрарӑма ҫӑлни

1. **ИИСУС** Елеон тӑвӗ ҫине кайнӑ.
2. Ирхине каллех чиркӗве пынӑ, вара пӗтӗм
халӑх Ун патне пуҫтарӑннӑ; Вӑл ларнӑ та вӗсене
вӗрентме пуҫланӑ.
3. Ҫавӑнта Ун патне кӗнекеҫӗсемпе фарисейсем,
аскӑн ӗҫ тунӑ ҫӗрте тытнӑ арӑма илсе пынӑ та, ӑна
варрине тӑратнӑ.
4. Вӗсем Иисуса каланӑ: "Вӗрентекен! Ҫак арӑ-
ма аскӑн ӗҫ тунӑ ҫӗрте тытнӑ;
5. Законра Моисей пире ун пеккисене чулпа
персе вӗлерме хушнӑ: Эсӗ мӗн калӑн?" — тенӗ.
6. Ҫакна вӗсем Ӑна сӑнаса, Ӑна айӑплама мӗн-
ле те пулин сӑлтав тупасшӑн каланӑ. Иисус вӗсем
ҫине пӑхмасӑр, хытӑ пӗшкӗнсе пӳрнипе ҫӗр ҫине
ҫырнӑ.
7. Лешсем Унран чарӑнмасӑр ыйтма пуҫласан,
Вӑл пуҫне ҫӗклесе вӗсене каланӑ: "Сирӗн хушшӑрта
кам ҫылӑхсӑр, ҫавӑ малтан ӑна чулпа петӗр", — тенӗ.
8. Вара каллех пӗшкӗнсе ҫӗр ҫине ҫырма пуҫланӑ.
9. Ҫавна илтсен, лешсем намӑсланса ҫитсе ас-
линчен пуҫласа кӗҫӗннине ҫитиччен, пӗрин хыҫ-
ҫӑн тепри тухса кайма пуҫланӑ; вара Иисуспа варрин-

че тăракан арăм анчах юлнă.

10. Иисус пуçне çĕклесе пăхнă та, арăмран пуçне никама та курмасăр, ăна каланă: "Арăм! сана айăплакансем ăçта? Никам та сана айăплаймарĕ-и?" — тенĕ.

11. Лешĕ каланă: "Вĕрентекен! Никам та айăплаймарĕ", — тенĕ. Иисус ăна каланă:" Эпĕ те сана айапламас тăп; каях, малашне çылăха ан кĕр", — тенĕ.

**Иисус — тĕнче Çутти**

12. Иисус татах халăха каланă: "Эпĕ тĕнче çутти; Ман хыçран пыракан тĕттĕмре çӳремĕ, унăн чĕрĕлĕх çутти пулĕ", — тенĕ.

13. Çавăн чух фарисейсем Ăна каланă: "Эсĕ, Хăвăн çинчен Ху каласа кăтартатăн, Эсĕ калани чăн мар", — тенĕ.

14. Иисус вĕсене хирĕç каланă: "Эпĕ, Хам çинчен Хам каласа кăтартатăп пулсан та, Эпĕ калани чăн, мĕншĕн тесен Эпĕ, Хам ăçтан килнине тата ăçта каяссине пĕлетĕп; эсир Эпĕ ăçтан килнине, ăçта каяссине пĕлместĕр;

15. Эсир ӳт майлă айăплатăр, Эпĕ никама та айăпламастăп;

16. Айăпласан та Эпĕ айăплани чăн, мĕншĕн тесен Эпĕ пĕччен мар, Мана Яракан Атте Манпа пĕрле;

17. Сирĕн законăрта, икĕ çын каласа кăтартни чăн тесе çырнă *(Второзак. 19:15)*;

18. Эпĕ Хам çинчен Хам каласа пĕлтеретĕп, Ман çинчен тата Мана Яракан Атте те каласа пĕлтерет", — тенĕ.

19. Вара Ăна каланă: "Санăн Аçу ăçта?", — тенĕ. "Иисус каланă: "Эсир Мана та, Манăн Аттене те пĕлместĕр; Мана пĕлнĕ пулсан, эсир Манăн Аттене те пĕлнĕ пулăттăрччĕ", — тенĕ.

20. Çак сăмахсене Иисус чиркӳре, укçа арчи патĕнче вĕрентнĕ чух каланă; анчах Ăна никам та тытман, мĕншĕн тесен Унăн вăхăчĕ çитмен-ха,

21. Иисус татах вĕсене каланă: "Эпĕ каятăп, вара Мана шырама пуçлатăр, эсир хăвăр çылăхăрпах вилетĕр; Эпĕ ăçта каятăп, эсир унта пыма пултараймастăр", — тенĕ.

22. Çавăнта Иудейсем каланă: "Вăл, Хайне Хăй вĕлересшĕн мар-ши? Эпĕ каякан çĕре эсир пыраймастăр тет", — тенĕ.

23. Вăл вĕсене каланă: "Эсир çĕртен, Эпĕ çӳлтен; эсир ку тĕнчерен, Эпĕ ку тĕнчерен мар;

24. Çавăнпа Эпĕ сире, хăвăр çылăхăрпах вилетĕр тесе каларăм; Мана ĕненмесен, эсир хăвăр çылăхăрпах вилетĕр", — тенĕ.

25. Вĕсем Ăна каланă; "Кам Эсĕ?" — тенĕ. Иисус вĕсене каланă: "Хăвăра каланă пек, Эпĕ пуçламăшĕ;

26. Манăн сирĕн çинчен нумай калаçмалла, нумай суд тумалла; Мана Яраканни чăн, Унран мĕн илтнине Эпĕ тĕнчене каласа кăтартатăп", — тенĕ.

27. Вăл Хăйĕн Ашшĕ çинчен каланине вĕсем ăнланайман.

28. Унтан Иисус вĕсене каланă: "Этем Ывăлне эсир хĕрес çине çĕклесен, ун чухне ку Эпĕ иккенне тата Эпĕ Хам тĕллĕн нимĕн те туманнине, Атте Мана вĕрентнĕ пек каланине пĕлĕр;

29. Мана Яракан Манпа пĕрле; Атте Мана пĕччен хăвармарĕ, мĕншĕн тесен Эпĕ кирек хăçан та Ăна кирлĕ пек тăватăп", — тенĕ.

30. Вăл çак сăмахсене каланă чухне, нумайăшĕ Ăна ĕненнĕ.

## Чуралăх е ирĕклĕх

31. Иисус çавăн чух Хăйне ĕненнĕ Иудейсене
каланă: "Эсир Ман сăмаха тытса тăрсан, чăнах
Манăн вĕренекенсем пулăр,
32. Вара чăнлăха пĕлĕр, чăнлăх сире ирĕке кă-
ларĕ", — тенĕ.
33. Вĕсем Ăна хирĕç каланă: "Эпир Авраам йăхĕ,
эпир нихăçан та, никамăн чури те пулман; мĕнле
тата Эсĕ пире ирĕке тухăр тесе калатăн?" — тенĕ.
34. Иисус вĕсене каланă: "Чăн-чăнах калатăп си-
ре, çылăха кĕрекен кирек кам та çылăх чури;
35. Чура хуçи килĕнче ĕмĕрех пурăнаймасть, ывă-
лĕ ĕмĕрех пурăнать;
36. Çапла ĕнтĕ, Ывăлĕ сире ирĕке кăларсан,
эсир чăнах ирĕкре пулăр;
37. Эсир Авраам йăхĕ иккенне Эпĕ пĕлетĕп; ça-
пах та эсир Мана вĕлересшĕн шыратăр, мĕншĕн
тесен Ман сăмах сирĕн ăшăрта вырнаçаймасть.
38. Эпĕ Хамăн Атте патĕнче мĕн курнă, çавна
калатăп; эсир хăвăр ачăртан мĕн курнине тăватăр",
— тенĕ.
39. Вĕсем хирĕç каланă: "Пирĕн атте Авраам",
— тенĕ. Иисус вĕсене каланă: "Эсир Авраам ачи-
сем пулнă пулсан, Авраам тунă ĕçсене тунă пулăттăр;
40. Эсир Мана халь, Турăран илтнĕ чăнлăха хă-
вăра каласа паракан Çынна, вĕлересшĕн шыратăр:
Авраам ун пек ĕç туман;
41. Эсир хăвăр ачăрăн ĕçĕсене тăватăр", — тенĕ.
Çавна хирĕç Ăна каланă: "Эпир аскăн ĕç тунинчен
çуралман, пирĕн пĕр Атте Турă пур", — тенĕ.
42. Иисус вĕсене каланă: "Сирĕн Ачăр Турă пул-
нă пулсан, эсир Мана юратнă пулăттăр, мĕншĕн
тесен Эпĕ Турă патĕнчен тухса килнĕ; Эпĕ Хам

тĕллĕн килмен, Вăл Мана янă.

43. Мĕншĕн эсир Эпĕ каланине ăнланаймастăр? Мĕншĕн тесен эсир Манăн сăмахсене итлеме пултараймастăр.

44. Сирĕн аçăр шуйттан, эсир хăвăр аçăрăн усал шухăшне тăвасшăн; вăл тĕнче пуçламăшĕнченех çын вĕлерекен пулнă, ун ăшĕнче чăнлăх çук; вăл чăнлăхра тăрайман, суйса каланă чух вăл хăйĕнчен калать, мĕншĕн тесен вăлултавçă, ултав ашшĕ.

45. Эпĕ чăннине калатăп, эсир Мана çавăнпа ĕненместĕр.

46. Сирĕнтен кам Мана çылăхлă тесе айăплĕ? Эпĕ чăннине калатăп пулсан, эсир Мана мĕншĕн ĕненместĕр?

47. Кам Турăран, вăл Турă сăмахне итлет; эсир Турăран мар, çавăнпа итлеместĕр", — тенĕ.

48. Çакна хирĕç Иудейсем Ăна каланă: "Эсĕ Самария çынни, Санăн ăшăнта шуйттан тесе эпир Сана тĕрĕс каламастпăр-и?" — тенĕ.

49. Иисус каланă: "Ман ăшра шуйттан çук, Эпĕ Хамăн Аттене хисеплетĕп, эсир Мана хисепрен кăларатăр;

50. Эпĕ Хамăн мухтава шырамастăп: шыраса Илекенни те, Айăплаканни те Хăй пур;

51. Чăн-чăнах калатăп сире; Ман сăмаха тытса тăракан ĕмĕр вилĕм курмĕ", — тенĕ.

52. Иудейсем Ăна каланă: "Сан ăшăнта шуйттан пуррине халь ĕнтĕ пĕлтĕмĕр эпир; Авраам та, пророксем те вилнĕ. Эсĕ калатăн: "Ман сăмаха тытса тăракан ĕмĕр вилĕм курмĕ", — тетĕн.

## Христос "Авраамран та аслă"

53. Эсĕ пирĕн Авраам аттерен те аслăрах-и--мĕн? Вăл та, пророксем те вилнĕ: Эсĕ вара Хăвна

кам вырăнне хуратăн?" — тенĕ.
54. Иисус каланă: "Эпĕ Хама Хам мухтатăп пулсан, Манăн мухтавăм нимĕн те мар: Мана, Манăн Атте мухтава кăларать, эсир Ун çинчен пирĕн Турă тесе калатăр;
55. Эсир Ăна пĕлмерĕр, Эпĕ Ăна пĕлетĕп; Ăна пĕлместĕп тесе каласан, Эпĕ сирĕн пекехултавçă пулатăп; анчах та Эпĕ Ăна пĕлетĕп тата Унăн сăмахне тытса тăратăп;
56. Сирĕн аçăр, Авраам Ман вăхăта питĕ курасшăнччĕ; курчĕ те савăнчĕ", — тенĕ.
57. Çавна хирĕç Иудейсем Ăна каланă: "Эсĕ аллă çула та çитмен, — мĕнле тата Авраама куртăн?" — тенĕ.
58. Иисус вĕсене каланă: "Чăн-чăнах калатăп сире, Эпĕ Авраам пуличченех пур", — тенĕ.
59. Вара Ун çине пеме вĕсем чулсем илнĕ; анчах Иисус курăнми пулнă та, вĕсен хушшипе чиркӳрен тухса аяккалла кайнă.

## 9 - мĕш ГЛАВА

### Суккăр çуралнă çынна сыватса çăлăнăç пани

1. **ИИСУС** иртсе пынă чух суккăр çуралнă çынна курнă.
2. Вĕренекенĕсем Унран ыйтнă: "Равви! Вăл кам çылăха кĕнĕшĕн суккăр çуралнă, хăй çылăхлăран е ашшĕ-амăшĕ çылăха кĕнĕрен-и?" — тенĕ.
3. Иисус каланă: "Вăл хăй те, унăн ашшĕ-амăшĕ те çылăха кĕмен, ун çинче Туррăн ĕçĕ курăнтăр тесе çапла пулнă:
4. Кун пур чухне, Ман Хама Яраканăн ĕçне тумалла; çĕрле пулсан никам та ĕç тăваймасть;

5. Эпĕ тĕнчере чух, Эпĕ тĕнче çутти", — тенĕ.

6. Çакна каласан Вăл, çĕре сурнă та, сурчăкĕпе пылчăк туса, суккăр çыннăн куçне пылчăкпа сĕрнĕ,

7. Унтан ăна каланă: "Кай та, Силоам шывĕнче çăвăн", — тенĕ. Çакă: "янă" тени пулать. Вăл кайса çăвăннă та, куракан пулса таврăннă.

8. Кӳршисем тата вăл малтан суккăр пулнине куракансем çавăнта каланă: "Ку хайхи ыйткаласа ларакан çын мар-и вара?" — тенĕ.

9. Теприсем каланă: "Ку çавă", — тенĕ. Тата хăшпĕрисем: "Вăл çавăн евĕрлĕ", — тенĕ. Хăй вăл каланă: "Эпĕ çавă", — тенĕ.

10. Вара унран ыйтма пуçланă: "Санăн куçу мĕнле уçăлчĕ?" — тенĕ.

11. Вăл каланă: "Иисус текен Çын пылчăк туса ман куçа сĕрчĕ те, мана ларĕ: "Кайса Силоам шывĕнче çăвăн", — терĕ. Эпĕ кайса çăвăнтăм та, куракан пултăм", — тенĕ.

12. Вĕсем ăна каланă: "Ăçта Вăл", — тенĕ. Ку каланă: "Пĕлместĕп", — тенĕ.

13. Вара малтан суккăр пулнă çынна фарисейсем патне илсе кайнă.

14. Иисус пылчăк туса унăн куçне уçни шăматкун пулнă.

15. Фарисейсем те унран, вăл мĕнле куракан пулни çинчен ыйтнă. Вăл вĕсене каланă: "Иисус ман куç çине пылчăк хучĕ, эпĕ çăвăнтăм та куракан пултăм", — тенĕ.

16. Унтан фарисейсенчен хăшпĕрисем каланă: "Çав Çын Турăран мар, мĕншĕн тесен Вăл шăматкуна хисеплемест", — тенĕ. Теприсем каланă: "Çакăн пек тĕлĕнмелле ĕçе çылăхлă çын мĕнле тутăр?" — тенĕ. Вара вĕсен хушшинче тавлашу тухнă.

17. Суккăр пулнă çынна татах каланă: ”Эсĕ Ун çинчен мĕн калăн, мĕншĕн тесен Вăл санăн куçна уçнă?” — тенĕ. Ку каланă: ”Вăл пророк”, — тенĕ.

18. Çавăн чух Иудейсем, çак куракан пулнă çыннăн ашшĕпе амăшне чĕнтерсе пымасăр та, суккăр çын куракан пулнине ĕненмен.

19. Вара вĕсенчен ыйтнă: ”Сирĕн суккăр çуралнă ывăлăр çакă-и? Вăл халь мĕнле куракан пулчĕ?” — тенĕ.

20. Унăн ашшĕпе амăшĕ вĕсене хирĕç каланă: ”Ку пирĕн ывăл, вăл суккăр çуралнине эпир пĕлетпĕр;

21. Анчах халь мĕнле куракан пулнине пĕлместпĕр, унăн куçне Кам уçнине те пĕлместпĕр. Вăл хăй те çитĕннĕ çын, хăйĕнчен ыйтăр, хăй çинчен хăех каласа патăр”, — тенĕ.

22. Унăн ашшĕпе амăшĕ Иудейсенчен хăранă пирки çапла каланă; мĕншĕн тесен Иисуса Христос тесе ĕненекен çынна, Иудейсем синагогаран уйăрса яма калаçса татăлнă;

23. Çавăнпа унăн ашшĕпе амăшĕ: ”Вăл хăй те çитĕннĕ çын, хăйĕнчен ыйтăр”, — тесе каланă.

24. Унтан суккăр пулнă çынна иккĕмĕш хут чĕнсе илсе каланă: ”Эсĕ Турра мухта; Лешĕ çылăхлă Çын, эпир Ăна пĕлетпĕр”, — тенĕ.

25. Ку вĕсене хирĕç каланă: ”Çылăхлă çын-и Вăл, эпĕ пĕлместĕп; çакна анчах пĕлетĕп, эпĕ суккăрччĕ, халь акă куратăп”, — тенĕ.

26. Унран татах ыйтнă: ”Вăл сана мĕн турĕ, сан куçна мĕнле уçрĕ?” — тенĕ.

27. Ку вĕсене каланă: ”Эпĕ сире каларăм ĕнтĕ, анчах эсир итлемерĕр; тата мĕн илтес тетĕр, е эсир те Унăн вĕренекенĕсем пуласшăн-и?” — тенĕ.

28. Вĕсем ăна ӳпкелесе каланă: "Эсĕ Унăн вĕ-
ренекенĕ, эпир Моисейĕн вĕренекенĕсем:
29. Моисейпе Турă калаçнине эпир пĕлетпĕр,
Ку Çын ăçтан иккенне пĕлместпĕр", — тенĕ.
30. Куракан пулнă çын вĕсене хирĕç каланă:"
"Çавăнтан тĕлĕнмелле те ĕнтĕ, Вăл ман куçа уçрĕ,
эсир Вăл ăçтан иккенне пĕлместĕр.
31. Эпир пĕлетпĕр, çылăхлă çынсене Турă итле-
мест, кам Турра хисеплесе Унăн ирĕкне тăвать, çавна
итлет;
32. Суккăр çуралнă çыннăн куçне кам та пулин
уçнă тени, ĕмĕрте те илтĕнмен;
33. Вăл Турăран пулман пулсан, нимĕн те тума
пултараймĕччĕ", — тенĕ.
34. Ăна хирĕç каланă: "Эсĕ пĕтĕмпех çылăхлă
çуралнă тата пире вĕрентетĕн-и?" — тенĕ. Вара ăна
хăваласа кăларса янă.
35. Ăна хăваласа кăларнине илтсен, Иисус ăна
тĕл пулса каланă: "Эсĕ Туррăн Ывăлне ĕненетĕн-и?"
— тенĕ.
36. Вăл каланă: "Эй! Вĕрентекен, кам Вăл? Ăна
манăн ĕненесчĕ", — тенĕ.
37. Иисус ăна каланă: "Эсĕ куртăн ĕнтĕ Ăна, Вăл
санпа калаçса тăрать", — тенĕ.
38. Сывалнă çын каланă: "Вĕрентекен, ĕненетĕп!"
— тенĕ. Вара ӳксе Ăна пуççапнă.
39. Унтан Иисус каланă: "Суккăррисем куракан
пулччăр, кураканнисем суккăр пулччăр тесе, çак
тĕнчене Эпĕ суд тума килтĕм", — тенĕ.
40. Çакна илтсен, Унпа пĕрле тăракан фарисей-
сенчен хăшпĕрисем Ăна каланă: "Эпир те суккăр-и
вара?" — тенĕ.

41. Иисус вĕсене каланă: ”Эсир суккăр пулнă пулсан, сирĕн çинче çылăх пулмĕччĕ; анчах та эсир, эпир куратпăр тесе калатăр, çавăнпа сирĕн çылăхăр хăвăр çинчех юлать”.

## 10 - мĕш ГЛАВА

### Сурăхсем çинчен юптаруллă калани: Христос-Ырă Кĕтӳç

1. **ЧĂН—ЧĂНАХ** калатăп сире: кам сурăх картине алăкран кĕмест, урăх çĕртен каçса кĕрет, вăл вăрă, вăрă-хурах;

2. Алăкран кĕрекенни вăл сурăхсен кĕтӳçĕ:

3. Ăна алăк хуралçи алăкне уçать, сурăхĕсем те унăн сассине итлеççĕ, вăл хăйĕн сурăхĕсене ятран чĕнсе кăларать;

4. Сурăхĕсене кăларсан, вăл вĕсен умĕнчен пырать; сурăхсем унăн сассине пĕлсе, ун хыçĕнчен пыраççĕ;

5. Ют çын хыçĕнчен каймаççĕ, ют сасса пĕлменрен вĕсем унран тараççĕ”, — тенĕ.

6. Çакна Иисус вĕсене юптаруллă каланă. Анчах вĕсем Вăл мĕн каланине ăнланман.

7. Унтан Иисус вĕсене татах каланă: ”Чăн-чăнах калатăп сире, Эпĕ сурăхсен алăкĕ.

8. Манран малтан килнисем пурте вăрăсем, вăрă-хурахсем; анчах сурăхсем вĕсене итлемерĕç.

9. Эпĕ алăк: Ман витĕр кĕрекен çăлăнĕ, вăл кĕрĕ те, тухĕ те, çимелли те тупĕ,

10. Вăрă вăрлама, вĕлерме, пĕтерме анчах килет; Эпĕ, вĕсем ĕмĕрлĕх пурнăç тупчăр тата вĕсен пурнăçĕ тулăхлă пултăр тесе килтĕм.

## Кĕтӳç çинчен юптарулла калани: Христос-Ыра Кĕтӳç

11. Эпĕ ыра Кĕтӳç: ыра Кĕтӳç сурăхĕсемшĕн Хăйĕн чунне парать.

12. Тара тытнă çын кĕтӳçĕ мар, сурăхĕсем те ун хăйĕн мар, вăл кашкăр пынине курать те сурăхĕсене пăрахса тарать, кашкăр вара сурăхсене тытать, салатса та пĕтерет;

13. Тара тытнă çын тарать, мĕншĕн тесен вăл тара тытнă çын, вăл сурăхсемшĕн тăрăшмасть.

14. Эпĕ ыра Кĕтӳç, Эпĕ Хамăн сурăхсене пĕлетĕп, Ман сурăхсем те Мана пĕлеççĕ:

15. Атте Мана пĕлнĕ пек, Эпĕ те Аттене пĕлетĕп, сурăхсемшĕн Эпĕ Хамăн чунăма паратăп.

16. Манăн урăх сурăхсем те пур, вĕсем ку картара мар, Манăн вĕсене те илсе килмелле; вĕсем те Ман сасса илтĕç, вара пĕр кĕтӳ, пĕр Кĕтӳçĕ пулĕ.

17. Эпĕ Хамăн чуна парса, ăна каяллах илес тесе паратăп, çавăнпа Атте Мана юратать;

18. Ман чуна, Манран никам та туртса илмест, Эпĕ ăна Хам паратăп; Манăн ăна пама ирĕк пур, ăна каялла илме те ирĕк пур; çак заповеде Эпĕ Хамăн Аттерен илтĕм.

## Халăх хушшинче татах Христос пирки тавлашни

19. Çак сăмахсем пирки Иудейсен хушшинче каллех тавлашу тухнă.

20. Вĕсенчен нумайăшĕ каланă: "Ăна усал ернĕ, Вăл ухмахланать, Ăна мĕн итлетĕр", — тенĕ.

21. Теприсем каланă: ”Ку сăмахсем усал ернĕ çын сăмахĕсем мар; суккăр çын куçне уçма усал пултарать-и?” — тенĕ.

22. Çавăн чух, Иерусалимре чиркĕве çĕнетнине асăнса тăвакан праçник çитнĕ, вăл хĕлле пулнă.

23. Иисус чиркÿре, Соломон пÿлĕмĕнче çÿренĕ.

24. Çавăнта Иудейсем Ăна сырса илсе каланă: ”Эсĕ хăçанччен пире иккĕлентерсе тăратăн? Эсĕ Христос пулсан, пире тÿрех кала”, — тенĕ.

25. Иисус вĕсене хирĕç каланă: ”Эпĕ сире каларăм, эсир ĕненместĕр; Эпĕ Атте ячĕпе тăвакан ĕçсем Ман çинчен пĕлтерсе тăраççĕ;

26. Çапах эсир ĕненместĕр, Эпĕ сире каланă пек, эсир Ман сурăхсем мар;

27. Ман сурăхсем, Манăн сасса итлеççĕ; Эпĕ те вĕсене пĕлетĕп, вĕсем Ман хыçран пыраççĕ,

28. Эпĕ вĕсене ĕмĕрлĕх пурнăç паратăп, вĕсем ĕмĕрех вилмĕç, Ман аларан вĕсене никам та туртса илеймест;

29. Атте вĕсене Мана панă, Вăл пуринчен те аслă, Ман Атте аллинчен вĕсене никам та туртса илме пултараймасть:

30. Эпĕ те, Атте те — пĕр”, — тенĕ.

31. Çавăнта Иудейсем, Ăна персе вĕлерес тесе татах чулсем илнĕ.

32. Иисус вĕсене каланă: ”Эпĕ сире Хамăн Атте хăвачĕпе ырă ĕçсем нумай туса кăтартрăм; вĕсенчен хăшĕншĕн эсир Мана чулпа персе вĕлересшĕн?” — тенĕ.

33. Иудейсем Ăна хирĕç каланă: ”Эпир Сана ырă ĕçшĕн чулпа персе вĕлересшĕн мар, Турра хурланăшăн тата Ху çын пулсан та, Хăвна Турă вырăнне хунăшăн персе вĕлересшĕн”, — тенĕ.

34. Иисус вĕсене каланă: ”Сирĕн законăрртa: Эпĕ каларăм: ”Эсир турăсем, терĕм”, — тесе çырман-и? *(Псал. 81:6)*

35. Туррăн сăмахне тытса тăракансене, эсир турăсем тесе каласан та Çыру пăсăлмасть пулсан, —

36. Мĕнле тата эсир Мана, Атте Хăй тасатса тĕнчене Янăскерне: ”Эпĕ Турă Ывăлĕ ”тенĕшĕн, эсĕ ”Турра хурлатăн” — тетĕр?

37. Эпĕ Аттен ĕçĕсене тумастăп пулсан, ан ĕненĕр Мана;

38. Тăватăп пулсан, Мана ĕненмесен те Атте Ман ăшрине, Эпĕ те Унăн ăшĕнчине пĕлсе ĕненмешкĕн, Эпĕ тунă ĕçсене ĕненĕр”, — тенĕ.

39. Çавăн чухне татах Ăна тытма май шыранă; анчах Вăл, вĕсем тытасран пăрăннă.

40. Вара Иисус каллех, Иордан леш енне, Иоанн малтан шыва кĕртнĕ вырăна кайса унта юлнă.

41. Нумайăшĕ Ун патне пырса каланă: ”Иоанн пĕр хăват та тумарĕ; çапах та Иоанн Сан çинчен калани пурте чăн пулчĕ”, — тенĕ.

42. Унта вара Иисуса нумайăшĕ ĕненнĕ.

## 11 - мĕш ГЛАВА

### Лазарь вилĕмĕ тата ăна чĕртсе тăратни Христос-ĕмĕрлĕх пурнăç паракан

1. **МАРИЙĂПА** унăн аппăшĕ Марфа пурăнакан Вифани ялĕнче, Лазарь ятлă çын чирлĕ выртнă.

2. Çав Мария, Иисуса мирă сĕрсе, Унăн урине хăйĕн çӳçĕпе шăлакан Мария пулнă, чирлĕ Лазарь унăн пиччĕшĕ пулнă.

3. Лазарь йăмăкĕсем Иисус патне: ”Эй, Вĕрентекен! Акă, Санăн юратнă çынну чирлĕ выртать”, — тесе калама янă.

4. Çакна илтсен Иисус каланă: "Ку чир вилĕм чирĕ мар, Турă мухтавне кăтартас чир, ун урлă Туррăн Ывăлĕ мухтава тухмалла", — тенĕ.

5. Иисус Марфăна та, унăн йăмăкне те, Лазаре те юратнă.

6. Лазарь чирлĕ тенине илтсен, Иисус çав вырăнта тата икĕ кун пурăннă.

7. Çавăн хыççăн Вăл вĕренекенĕсене каланă: "Атьăр, каллех Иудейăна каяр", — тенĕ.

8. Вĕренекенĕсем Ăна каланă: "Равви! *(вĕрентекен)* Иудейсем Сана чулпа персе вĕлерме шырани нумай пулать-и? Эсĕ татах унта каятăн", — тенĕ.

9. Иисус каланă: "Пĕр кунра вуникĕ сехет мар-и? Кăнтăрла çӳрекен такăнмасть, мĕншĕн тесен вăл çак тĕнче çуттине курать;

10. Çĕрле çӳрекен такăнать, мĕншĕн тесен унпа пĕрле çутă çук", — тенĕ.

11. Çакна каласан, кайран вĕсене каланă: "Пирĕн Лазарь тус çывăрса кайнă, Эпĕ ăна вăратма каятăп", — тенĕ.

12. Унăн вĕренекенĕсем каланă: "Вĕрентекен! Вăл çывăрса кайнă пулсан сывалĕ", — тенĕ.

13. Иисус Лазарь вилни çинчен каланă; анчах вĕсем, Вăл ахаль çывăрни çинчен калать пулĕ тесе шухăшланă.

14. Вара Иисус вĕсене тӳрех каланă:"Лазарь вилнĕ;

15. Ĕнтĕ сирĕншĕн савăнатăп, Эпĕ унта сире ĕнентересшĕн каймарăм; атьăр, каяр ун патне", — тенĕ.

16. Йĕкĕреш текен Фома вĕренекенсене çавăн чух каланă: "Атьăр, унпа пĕрле эпир те кайса вилер", — тенĕ.

17. Иисус пыриччен, Лазарь тăватă кун тупăкра выртнă.

18. Вифани ялĕ, Иерусалим çывăхĕнче пĕр вун-
пилĕк стадийăра пулнă.
19. Пиччĕшĕшĕн хуйхăракан Марфăпа Марийă-
на лăплантарма — Иудейсенчен нумайăшĕ пынă.
20. Иисус килет тенине илтсен, Марфа Ăна хи-
рĕç кайнă; Мария килне ларса юлнă.
21. Çавăн чух Марфа Иисуса каланă: "Эй, Вĕрен-
текен! Эсĕ кунта пулнă пулсан, пиччем вилмен
пулĕччĕ;
22. Çапах та эпĕ пĕлетĕп, Эсĕ Турăран кирек мĕн
ыйтсан та, Турă Сана паратъ", — тенĕ.
23. Иисус ăна каланă: "Санăн пиччӳ чĕрĕлсе тă-
рĕ", — тенĕ.
24. Марфа Ăна каланă: "Пĕлетĕп, юлашки кун
вилнĕ çынсем чĕрĕлсе тăнă чух, чĕрĕлсе тăрĕ вăл".
— тенĕ.
25. Иисус ăна каланă: "Чĕртсе тăратакан та, чĕ-
рĕлĕх пурнăç паракан та Эпĕ; Мана ĕненекен вилсен
те чĕрĕлĕ;
26. Мана ĕненсе пурăнакан кирек кам та ĕмĕр
вилмĕ. Çавна ĕненетĕн-и?" — тенĕ.
27. Марфа Ăна каланă: "Çапла, Вĕрентекен! Эпĕ
пĕлетĕп, Эсĕ тĕнчене килнĕ Туррăн Ывăлĕ Христос",
— тенĕ.
28. Çакна каласан, Марфа кайнă та хăйĕн йăмăк-
не Марийăна вăрттăн чĕнсе каланă: "Вĕрентекен
кунта сана чĕнет", — тенĕ.
29. Мария, çавна илтсенех васкаса тăнă та, Ун пат-
не кайнă.
30. Иисус ун чух яла кĕмен пулнă, Хăйне Марфа
хирĕç тухнă вырăнта Вăл тăнă.
31. Пӳртре Марийăна лăплантарса ларакан Иудей-
сем, вăл васкаса тăрса тухса кайнине курсан, пиччĕ-
шне пытарнă тупăк патне йĕме каять пулĕ тесе, ун

хыççăн кайнă.

32. Мария, Иисус тăракан вырăна пырсан Ăна курнă та, Ун ури умне ÿксе, Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! Эсĕ кунта пулнă пулсан, пиччем вилмен пулĕччĕ", — тенĕ.

33. Вăл йĕнине тата унпа пĕрле пынă Иудейсем те йĕнине курсан, Иисус Хăй те чĕререн хурланса пăлханнă.

34. Вара каланă: "Эсир ăна ăçта пытарнă?" — тенĕ. Лешсем каланă: "Эй, Вăрентекен! Пырса пăхсам", — тенĕ.

35. Иисусăн куççулĕ тухнă.

36. Çавăн чух Иудейсем каланă: "Пăхăр-ха, Вăл ăна мĕнле юратнă!" — тенĕ.

37. Вĕсенчен хăшĕ-пĕрисем каланă: "Суккăр çыннăн куçне уçнăскер, Ку çакна та вилмелле мар тума пултарайман пулĕччĕ-ши?" — тенĕ.

38. Иисус вара хăйĕн ăшĕнче хуйхăрса шăтăк патне пынă; çав шăтăк ту айккинче пулнă, ăна чулпа хупласа хунă.

39. Иисус каланă: "Чулне илĕр", — тенĕ. Вилнĕ Лазарĕн йăмăкĕ Марфа Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! Ăна тупăка хуни тăватă кун; ĕнтĕ виле шăрши те кĕрет", — тенĕ.

40. Иисус ăна каланă: "Ĕненетĕн пулсан, Туррăн мухтавне курăн тесе, Эпĕ сана каламарăм-и?" — тенĕ.

41. Унтан вилнĕ çын выртакан шăтăк умĕнчи чула илнĕ. Иисус вара пĕлĕт çинелле пăхса каланă: "Эй, Аттем! Эсĕ Мана илтнĕшĕн Сана тав тăватăп;

42. Эсĕ Мана яланах илтессине Эпĕ пĕлетĕп; çакна Эпĕ, кунта тăракан халăхшăн, Мана Эсĕ янине вĕсем ĕненччĕр, тесе каларăм".

43. Çакна каласан, Вăл хытă сасăпа чĕнсе каланă: "Лазарь! Тух", — тенĕ.

44. Вара вилнĕ çын аллисене те, урисене те пирпе чĕркенипех тата питне тутăрпа çыхнипех тухнă. Иисус вĕсене каланă: "Салтса ярăр ăна, утса пытăр", — тенĕ.

45. Çавăн чухне Иисус хăват тунине курсан, Мария патне пынă Иудейсем нумайăшĕ Ăна ĕненнĕ;

46. Вĕсенчен хăшĕ-пĕрисем фарисейсем патне кайса, Иисус мĕн тунине вĕсене каласа панă.

47. Вара пуп-пуçлăхĕсемпе фарисейсем пуху пуçтарса каланă: "Мĕн тумалла пирĕн? Çак Çын питĕ нумай хăватсем тăвать;

48. Ăна çаплах хăварсан, пурте Ăна ĕненĕç, вара Рим çыннисем килсе пирĕн çĕре те, халăха та хăйсен аллине илĕç", — тенĕ.

49. Вĕсенчен пĕри, çав çул пуп-пуçлăхĕ пулса тăракан Каиафа вĕсене каланă: "Эсир нимĕн те пĕлместĕр;

50. Пĕтĕм халăх пĕтиччен, пуриншĕн те пĕр çын вилни пирĕншĕн аванрах пулĕ тесе те шухăшламастăр", — тенĕ.

51. Çакна вăл хăйĕнчен каламан, çав çул пуп-пуçлăхĕ пулса тăнă тăрăх, Иисус халăхшăн вилессине,

52. Халăхшăн анчах мар, Туррăн саланса кайнă ачисене те *(Еврей халăхне)* пĕр çĕре пухасшăн вилессине вăл малтанах каласа хунă.

53. Çав кунран вĕсем Иисуса вĕлерме калаçса татăлнă.

54. Çавăнпа Иисус Иудейсен хушшинче курăнса çӳремен, унтан вара пушхир çывăхĕнчи çĕршыва, Ефраим ятлă хулана кайса, Хăйĕн вĕренекенĕсемпе çавăнта юлнă.

55. Иудейсен Пасха праçникĕ çывхарса килнĕ, нумайăшĕ пĕтĕм çĕршывран Пасха праçникĕ умĕн Иерусалиме тасалма пынă.

56. Çавăн чух вĕсем Иисуса шыранă, чиркӳре тăнă чух пĕр-пĕрне каланă: "Эсир мĕнле шухăшлатăр, Вăл праçнике килмĕ-ши?" — тенĕ.

57. Пуп-пуçлăхĕсемпе фарисейсем Иисуса тытасшăн пулса, кам та пулин Вăл ăçтине пĕлсен, хăйсене пырса калама хушнă.

## 12 - мĕш ГЛАВА

### Христос Хăйĕн вĕренекенĕсемпе Вифанире каçхи апат туни

1. **ПАСХА** праçникĕ çитиччен ултă кун малтан Иисус Хăй вилĕмрен чĕртсе тăратнă Лазарь пурăнакан Вифани ялне пынă.

2. Унта Ăна валли каçхи апат хатĕрленĕ, Марфа вĕсемшĕн ĕçлесе çӳренĕ, Лазарь Иисуспа ларакансен хушшинче пулнă.

3. Мария пĕр кĕренке хаклă йышши таса нард çăвĕ *(мира)* илнĕ те, Иисусăн урисене сĕрсе, хăйĕн çӳçĕпе Унăн урисене шăлнă; вара пĕтĕм пӳрте мира шăрши сарăлнă.

4. Çавăн чух Унăн вĕренекенĕсенчен пĕри, Иисуса тытса паракан Симон ывăлĕ Иуда Искариот каланă:

5. "Ку мирăна виççĕр динарие сутса, укçине мĕншĕн чухăнсене валеççе памалла марччĕ?" — тенĕ.

6. Вăл çавна чухăнсемшĕн тăрăшса каламан, хăй вăрă пулнă пирки каланă; ун çумĕнче укçа арчи пулнă, çав арчана янă укçасене вăл йăтса çӳренĕ.

7. Иисус каланă: "Ан тивĕр ăна, ку çăва вăл Мана пытарас кун валли усранă;

8. Чухăнсем сирĕн яланах пулĕç, Эпĕ яланах пулмăп", — тенĕ.

9. Иудейсенчен нумайăшĕ Вăл унта тенине пĕ-

лсен, Иисус патне анчах мар, Вăл вилĕмрен чĕртсе тăратнă Лазаре те курасшăн пынă.
10. Пуп-пуçлăхĕсем вара Лазаре те вĕлерме калаçса татăлнă.
11. Мĕншĕн тесен ăна пула Иудейсенчен нумайăшĕ пырса Иисуса ĕненнĕ.

**Христос Иерусалиме чаплăн пырса кĕни**

12 Тепĕр кунне темĕн чухлĕ халăх, Иисус Иерусалиме килет тенине илтсен,
13. Пальма турачĕсем илнĕ те, Ăна хирĕç тухса: ”Осанна! Турă ячĕпе Килекен Израиль Патши мухтавлă!” — тесе кăшкăрса пынă.
14. Иисус çамрăк ашак тупса, ун çине утланса ларнă, Çырура Ун çинчен çапла çырнă:
15. ”Эй, Сион хĕрĕ, ан хăра! Акă санăн Патшу çамрăк ашак çине ларса килет” *(Захар. 9:9)*.
16. Унăн вĕренекенĕсем çакна малтан ăнланман; Иисус çинчен малтанах çапла çырнине, çакна хăйсем Уншăн тунине, Иисус мухтава тухсан тин вĕсем астуса илнĕ.
17. Çакăн умĕн Иисуспа пĕрле çӳренĕ халăх, Вăл Лазаре тупăкран чĕнсе кăларса, ăна вилĕмрен чĕртсе тăратнине каласа кăтартнă;
18. Çав хăвата Иисус тунине илтсе, халăх Ăна хирĕç тухнă.
19. Фарисейсем хăйсен хушшинче калаçнă: ”Куратăр-и, нимĕн те тăваймастпăр? Пĕтĕм тĕнче Ун хыççăн каять”, — тенĕ.

## Христос каллех Хăйĕн вилĕмĕ çинчен пĕлтерсе калани

20. Турра пуççапма праçнике пынисен хушшинче хăшĕ-пĕрисем Еллинсем пулнă;

21. Вĕсем Филипп патне пырса (вăл Галилейăри Вифсаида хулинчен пулнă) унран: "Ырă çын, пирĕн Иисуса курас килет", — тенĕ.

22. Филипп çавна Андрее кайса каланă; кайран вара Андрейпе Филипп çавăн çинчен Иисуса каланă.

23. Иисус вĕсене хирĕç каланă: "Этем Ывăлĕн мухтава тухас вăхăт çитрĕ ĕнтĕ.

24. Чăн-чăнах калатăп сире, тулă пĕрчи çĕр çине ӳксе çĕрсе шăтмасан, пĕр пĕрчĕ халлĕнех юлать; çĕрсе шăтса тухсан, нумай пĕрчĕ пултарать.

25. Хăйĕн чунне юратакан, ăна çухатĕ; ку тĕнчере хăйĕн чунне курайман çын, ăна ĕмĕрлĕх пурнăç валли усрĕ.

26. Ман ирĕке тăвакан, Ман хыçран пытăр, Эпĕ ăçта пулăп, Манăн чура та çавăнта пулĕ; Ман ирĕке тăвакана Манăн Аттем хисеплĕ.

27. Манăн чунăм тăвăрланса çитрĕ ĕнтĕ, Эпĕ мĕн калам-ши? Эй, Аттем! Çак сехетрен хăтарсам Мана! Анчах Эпĕ çак сехетшĕн килнĕ.

28. Эй, Аттем! Хăвăн ятна мухтава кăлар", — тенĕ. Çав вăхăтра пĕлĕтрен: "Кăлартăм тата кăларăп", — — тенĕ сасă илтĕннĕ.

29. Çавăнта тăракан халăх çав сасса илтсен: "Ку аслати", — тенĕ. Теприсем тата каланă: "Ăна Ангел каларĕ", — тенĕ.

30. Иисус çавна хирĕç каланă: "Ку сасă Маншăн пулмарĕ, халăхшăн пулчĕ;

31. Халĕ çак тĕнчене суд пулать, çăк тĕнче пуçлăхне халь хăваласа кăларĕç,

32. Эпĕ çĕр çинчен çĕкленсен, пурне те Хам пата пуçтарăп", — тенĕ.

33. Çакна Вăл, Хăй мĕнле вилĕмпе вилессине пĕлтерсе каланă.

## Халăх хушшинче икĕ тĕрлĕ калаçни: пĕрисем ĕненнĕ, теприсем ĕненмен

34. Халăх Ăна каланă: "Христос ĕмĕрех тăмалла тенине эпир законра илтнĕ; мĕнле тата Эсĕ, Этем Ывăлĕн çӳле çĕкленмелле тетĕн? Этем Ывăлĕ кам Вăл?" — тенĕ.

35. Вара Иисус вĕсене каланă: "Сирĕнпе пĕрле çутă тата кăшт анчах тăрĕ; çутă пур чухне çӳрĕр, сире тĕттĕм хупласа ан илтĕр, тĕттĕмре çӳрекен хăй ăçта кайнине те пĕлмест;

36. Çутă хăвăрпа пĕрле чух çутта ĕненĕр, вара çутă ывăлĕсем пулăр", — тенĕ. Çакна каласан, Иисус вĕсем патĕнчен кайса курăнми пулнă.

37. Вăл вĕсен умĕнче темĕн чухлĕ хăват тунă, çапах та вĕсем Ăна ĕненмен.

38. Çапла вара Исаий пророк калани çитнĕ; вăл каланă: "Эй, Турă! Пирĕнтен илтнине кам ĕненĕ? Туррăн хăвачĕ кама уçăлĕ?" *(Ис. 53:1)*

39. Исаий пророк каланă пек, вĕсем ĕненесшĕн те пулман. вăл татах каланă:

40. "Çак халăх хăйĕн куçне суккăрлатрĕ, чĕрине хытарчĕ, куçĕпе те курмасть, чĕрипе те ăнланса илмест, хăйсене сыватма Ман еннелле те çаврăнасшăн мар" *(Ис. 9:6—10)*.

41. Исаий çак сăмахсене Туррăн мухтавне курсан, Ун çинчен пĕлтерсе каланă.

42. Çапах пуçлăхсем хушшинчен те нумайăшĕ Иисуса ĕненнĕ, анчах хăйсене фарисейсем синагогаран

уйӑрса ан яччӑр тесе, хӑйсем ӗненнине палӑртман;
43. Мӗншӗн тесен вӗсем этем мухтавне Туррӑн мухтавӗнчен ытла юратнӑ.
44. Иисус хытӑ сасӑпа каланӑ: "Мана ӗненекен Мана мар, Мана Яракана ӗненет;
45. Мана куракан та Мана Яракана курать.
46. Эпӗ ҫутӑ, Мана ӗненекен пӗри те тӗттӗмре ан юлтӑр тесе, Эпӗ тӗнчене килтӗм.
47. Ман сӑмаха илтсен те, Мана ӗненмен ҫынна Эпӗ айӑпламастӑп: мӗншӗн тесен Эпӗ тӗнчене айӑплама килмен, ҫӑлма килнӗ.
48. Мана ӗненмен тата Ман сӑмахсене йышӑнман ҫыншӑн хӑйӗн айӑплакан пур: юлашки кун ӑна Эпӗ калакан сӑмах айӑплӗ;
49. Мӗншӗн тесен Эпӗ Хамран каламарӑм, Мана Яракан Атте каларӗ, мӗн каламаллине тата мӗнле каламаллине Вӑл Мана хушрӗ;
50. Эпӗ пӗлетӗп, Вӑл хушса калани ӗмӗрлӗх пурнӑҫ парать. Ҫавӑнпа Эпӗ кирек мӗн каласан та, Атте хушнӑ пек калатӑп".

# ИОАНН ÇЫРНĂ ТАСА ЕВАНГЕЛИЙĔН

## Иккĕмĕш пайĕ

## Христос Хăйĕннисемшĕн ĕçлени

13-мĕш главаран 17-мĕш главана çитиччен

**Турра ĕненекенсем, хăйсене çак тĕнче кураймасăр хăвалани çине пăхмасăр, хăйсен пурнăçĕнче юратупа килĕшӳ кӳрсе тăраççĕ.**

Çак 13-мĕш главаран 17-мĕш главана çитиччен, ĕненекен çыншăн ырлăхлă тата телейлĕ пурнăç Христосран илме, çичĕ тĕрлĕ май пур:

1) Ĕненекен çыннăн ”тусанлă çул” çинче утнă чух, Турăран уйрăлса çухатнă çыхăнăва çĕнĕрен çирĕплетсе пиллĕх илме, хăйĕн ”урисене çутарма” яланах Христос патне пымалла (13-мĕш гл 5 ст. вулăр).

2) Ĕненекен çынсен пĕр-пĕрне юратса пурăнмалла (13:34).

3) Ĕненекен çыннăн, кашни кун Атте Турра тата Унăн Ывăлне Христоса ĕненнине çирĕплетмелле; чĕрери канăçлăх çавăнтан килет (14:1).

4) Ĕненекен çыннăн кашни кун Христос ăшĕнче пулмалла, унсăрăн ырă çимĕç паракан пурнăç пулма та пултараймасть! (15-мĕш глава). Эпир Христос хушнине туса тăни, Ун ”ăшĕнче” пулнине пĕлтерет (15:10).

5) Турă, Хăйне ĕненекенсемшĕн Лăплантаракан янă: Вăл Чăнлăх, Святой Сывлăш (14:16—25; 16:1—15).

6) Ĕненекен çыннăн, яланах Христос ячĕпе Турра кĕлĕ тумалла (14:13—14; 15:17; 16:23—24).

7) Христос çĕр çинче чух мĕнле Хăйĕн вĕренекенĕсемшĕн кĕлĕ тунă, çавăн пекех халĕ те, Хăйне ĕненекенсемшĕн Атте Турă умĕнче пĕр чарăнмасăр кĕлĕ тунине пĕлме парать (17. гл вулăр).

## 13 - мĕш ГЛАВА

### Иисус вĕренекенĕсен урисене çуни

1. **ПАСХА** праçникĕ умĕн Иисус Хăй çак тĕнчерен Ашшĕ патне куçмалли вăхăт çитнине пĕлсе, Хăйĕн тĕнчере пурăнакан вĕренекенĕсене юратса, вĕсене вĕçне çитиччен юратнине ĕçпе кăтартнă.

2. Каçхи апат тунă вăхăтра, шуйттан Симон ывăлĕ Иуда Искариот чĕрине Иисуса тытса пама шухăш кĕртсен,

3. Иисус, Ашшĕ пурне те Ун аллине панине пĕлсе тата Вăл Турă патĕнчен аннине, Турă патне каяссине пĕлсе,

4. Апат тунă çĕртен тăрса çиелти тумтирне хывнă та, алшăлли илсе пилĕкне çыхнă;

5. Унтан çăвăнмалли савăта шыв янă та, вĕренекенĕсен урисене çуса, пилĕкне çыхнă алшăллипе шăлма пуçланă.

6. Петр текен Симон патне çитсен, лешĕ Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! ман урасене Санăн çумалла-и?" — тенĕ.

7. Иисус ăна хирĕç каланă: "Эпĕ мĕн тунине эсĕ халь пĕлместĕн, кайран ăнланса илĕн", — тенĕ.

8. Петр Ăна каланă: "Ман урасене Эсĕ ĕмĕрне те çăваймăн", — тенĕ. Иисус ăна хирĕç каланă:

"Сана Эпĕ çумасан, Манпа пĕрле пая кĕреймĕн", — тенĕ.

9. Петр текен Симон Ăна каланă: "Эй, Вĕрентекен! апла пулсан, урасене анчах мар аласене те, пуçа та çу", — тенĕ.

10. Иисус ăна каланă: "Çăвăнса тасалнă, çыннăнне урисене анчах çумалла, мĕншĕн тесен вăл пĕтĕмпех таса; эсир те таса, анчах пурте мар", — тенĕ.

11. Вăл Хăйне тытса паракана пĕлнĕ, çавăнпа эсир пурте таса мар тесе каланă.

12. Вĕсен урисене çуса пĕтерсен, Хăйĕн тумтирне тăхăннă та каллех çиме ларса вĕсене каланă: "Эпĕ сире мĕн тунине эсир ăнлантăр-и?

13. Эсир Мана Вĕрентекен тата Пуçлăх тетĕр, çавна тĕрĕс калатăр, Эпĕ чăнах та Çавă.

14. Эпĕ сирĕн Вĕрентекенĕр тата Пуçлăхăр пулсан та сирĕн урăрсене çурăм, апла пулсан, сирĕн те пĕр-пĕрин урисене çумалла:

15. Эпĕ сирĕншĕн тунă пек эсир те тăвăр тесе, Эпĕ сире тĕслĕх кăтартса патăм.

16. Чăн-чăнах калатăп сире: чура хăйĕн хуçинчен аслă мар, хушса янă çын та хăйне хушса яраканран аслă мар.

17. Çавна пĕлсе, туса тăрсан, эсир телейлĕ.

18. Пурин çинчен те сире каламастăп: Хам суйласа илнисене Эпĕ пĕлетĕп. Çыру çинче çырни вырăна килчĕ ĕнтĕ: "Манпа пĕрле çăкăр çиекен, Мана хирĕç урине çĕклерĕ" *(Псал. 40:10)*

19. Çав ĕç пулса çитсен, Ку чăнах та Эпĕ иккенне ĕненччĕр тесе, сире халех каласа паратăп.

20. Чăн-чăнах калатăп сире: Эпĕ кама яратăп, çавна йышăнакан Мана йышăнать; Мана йышăнакан, Мана Яракана йышăнать", — тенĕ.

**Иисус, вěренекенěсенчен пěри, Хăйне тытса парасси çинчен пěлтерни**

21. Çакна каласан, Иисусăн кăмăлě хуçăлнă, Вăл вара каланă: "Чăн-чăнах калатăп сире, сирěнтен пěри Мана тытса парě", — тенě.

22. Çавăн чух вěренекенěсем Вăл кам çинчен каланине пěлмесěр, пěр-пěрин çинелле пăхкалама пуçланă.

23. Унăн вěренекенěсенчен пěри, Иисус юратаканни, Иисусăн кăкăрě çумěнче ларнă;

24. Петр текен Симон, çавна кам çинчен каланине ыйтса пěлме, ăна паллă туса кăтартнă.

25. Вăл, Иисусăн кăкăрě çумне тěртěнсе, Ăна каланă: "Вěрентекен! Кам вăл?" — тенě.

26. Иисус каланă: "Çăкăр татăкне Эпě кама пуçса парăп, çавă", — тенě. Вара çăкăр татăкне пуçса, Симон ывăлне Иуда Искариота панă.

27. Çав татăк хыççăн Иуда ăшне шуйттан кěнě. Унтан Иисус ăна каланă: "Мěн тăвас тетěн, часрах ту", — тенě.

28. Вăл ăна мěншěн çапла каланине, унта ларакансенчен нихăш те ăнланса илеймен.

29. Иудăра укçа арчи пулнă, çавăнпа хăшěсем: "Иисус ăна, праçнике хамăр валли мěн кирлине е ыйткалакансене мěн те пулин пама хушать пулě" — тесе шухăшланă.

30. Вăл татăкне илсенех тухса кайнă; ун чух каç пулнă. Вăл тухса кайсан,

31. Иисус каланă: "Паян Этем Ывăлě мухтава тухрě, Ун урлă Турă та мухтава тухрě;

32. Турă Ун урлă мухтава тухрě пулсан, Турă та Ăна мухтава кăларě, часах Ăна мухтава кăларě.

33. Ачасем! Манăн сирěнпе пěрле нумай пулма-

лла мар ёнтĕ: эсир Мана шырăр. Эпĕ Иудейсене каланă пек, Эпĕ каякан çĕре эсир пыраймăр тесе, халĕ сире те калатăп.

34. Сире çĕнĕ заповедь паратăп, пĕр-пĕрне юратăр; Эпĕ сире юратнă пек, эсир те пĕр-пĕрне юратăр;

35. Пĕр-пĕрне юрататăр пулсан, эсир Манăн вĕренекенсем иккенне пурте пĕлĕç".

### Иисус, Петр Унран тунасси çинчен пĕлтерсе калани

36. Петр текен Симон Ăна каланă: "Вĕрентекен! Эсĕ ăçта каятăн?" — тенĕ. Иисус ăна хирĕç каланă: "Эпĕ каяс çĕре, эсĕ халь Ман хыççăн пыраймăн, кайран Ман хыçран пырăн", — тенĕ.

37. Петр Ăна каланă: "Вĕрентекен! Сан хыççăн эпĕ мĕншĕн халь пыраймăп? Эпĕ Саншăн хамăн чуна та паратăп", — тенĕ.

38. Иисус ăна хирĕç каланă: "Маншăн хăвăн чунна та парăн-и? Чăн-чăнах калатăп сана: автан авăтиччен, эсĕ Манран виçĕ хут тунăн", — тенĕ.

## 14 - мĕш ГЛАВА

### "Сирĕн чĕрĕрсем ан хăраччăр..."

1. **СИРĔН** чĕрĕрсем ан хăраччăр; Турра ĕненĕр, Мана та ĕненĕр.

2. Манăн Атте çуртĕнче вырăн нумай; апла пулмасан, Эпĕ сире каланă пулăттăм. "Эпĕ сирĕн валли вырăн хатĕрлеме каятăп".

3. Кайсан вара, сирĕн валли вырăн хатĕрлĕп те каллех килсе, эсир те Манпа пĕрле пулăр тесе, сире Хам патăма илсе кайăп.

4. Эпĕ ăçта каяссине эсир пĕлетĕр, çулне те пĕлетĕр", — тенĕ.

5. Фома Ăна каланă: "Вĕрентекен! Эсĕ ăçта каяссине эпир пĕлместпĕр; тата çулне мĕнле пĕлме пултарăпăр?" — тенĕ.

6. Иисус ăна каланă: "Çул та, чăнлăх та, чĕрĕлĕх паракан та Эпĕ; Ман урлă пымасан, Манăн Атте патне никам та пыраймĕ;

7. Эсир Мана пĕлнĕ пулсан, Манăн Аттене те пĕлнĕ пулăттăр; паянтан ĕнтĕ пĕлетĕр Ăна, куртăр та Ăна", — тенĕ.

8. Филипп Ăна каланă: "Вĕрентекен! Аçуна кăтарт та, çитĕ вара пире", — тенĕ.

9. Иисус ăна каланă: "Филипп, Эпĕ сирĕнпе мĕн чухлĕ пурăнтăм, çапах эсĕ Мана пĕлместĕн-и? Мана куракан Аттене те курнă; мĕнле тата эсĕ: "Аçуна кăтарт пире?" — тесе калатăн.

10. Эпĕ Атте ăшĕнчине, Атте те Ман ăшрине эсĕ вара ĕненместĕн-и? Эпĕ сире калакан сăмахсене Хамран каламастăп; Ман ăшра тăракан Атте, Вăл çак ĕçсене тăвать.

11. Мана ĕненĕр, Эпĕ Атте ăшĕнче, Атте те Ман ăшра; апла мар пулсан, Мана ĕçсем тунинчен ĕненĕр.

12. Чăн-чăнах калатăп сире: Мана ĕненекен, Эпĕ тăвакан ĕçсене те тăвĕ, çавсенчен те ытларах тăвĕ; мĕншĕн тесен Эпĕ Хамăн Атте патне каятăп.

13. Ман ятпа эсир Аттерен кирек мĕн ыйтсан та, Аттем Ывăлĕ урлă мухтава тухтăр тесе, Эпĕ эсир ыйтнине тăвăп;

14. Ман ятпа эсир мĕн ыйтсан та, Эпĕ çавна тăвăп.

15. Мана юрататăр пулсан, Ман заповедьсене тытса тăрăр.

## Святой Сывлӑша ҫӗр ҫине ярасси ҫинчен калани

16. Эпӗ Аттене тархаслӑп та сире валли урӑх Лӑплантаракан ярӗ, Вӑл сирӗнпе ӗмӗрех пулӗ,

17. Вӑл чӑнлӑх Сывлӑшӗ, тӗнче Ӑна йышӑнма пултараймасть, мӗншӗн тесен Ӑна курмасть, пӗлмест те Ӑна; эсир Ӑна пӗлетӗр, Вӑл сирӗнпе пӗрле, малашне те сирӗн ӑшӑрта пулӗ.

18. Сире тӑлӑха хӑвармӑп; сирӗн пата килӗп.

19. Вӑхӑт нумай юлмарӗ ӗнтӗ, Мана тӗнче урӑх кураймӗ; эсир Мана куратӑр, мӗншӗн тесен Эпӗ чӗрӗ, эсир те чӗрӗ пулатӑр.

20. Ҫав кун эсир, Эпӗ Атте ӑшӗнчине, эсир Ман ӑшрине, Эпӗ те сирӗн ӑшӑртине пӗлӗр.

21. Кам Ман заповедьсене асра тытса вӗсене пурнӑҫласа тӑрать, вӑл Мана юратать; кам Мана юратать, ҫавна Манӑн Аттем те юратӗ; Эпӗ те ӑна юратса, Хам Ӑна курӑнӑп", — тенӗ.

22. Иуда (Искариот мар) Ӑна каланӑ: "Вӗрентекен! Мӗншӗн вара Эсӗ Хӑвна тӗнчене мар, пире кӑтартасшӑн?" — тенӗ.

23. Иисус ӑна хирӗҫ каланӑ: "Кам Мана юратать, вӑл Ман сӑмаха тытса тӑрӗ; ӑна Манӑн Атте те юратӗ, Эпир вара ун патне пырса, ун ӑшӗнче Хамӑра пурӑнмалли вырӑн тӑвӑпӑр.

24. Мана юратман ҫын Ман сӑмахсене тытса тӑмасть; эсир илтекен сӑмах Манӑн мар, вӑл Мана Яракан Аттен сӑмахӗ.

25. Ҫакна Эпӗ сире хӑвӑрпа пӗрле чух каларӑм.

26. Атте Ман ятӑмпа яма пулнӑ Лӑплантаракан Святой Сывлӑш, Эпӗ сире мӗн каланине пурне те пӗтӗмпех вӗрентсе ҫитерӗ, сире аса илтерӗ.

27. Канăçлăх хăваратăп сире, Хамăн канăçлăха сире паратăп; Эпĕ сире тĕнче панă пек памастăп. Сирĕн чĕрĕрсем ан пăлханччăр, ан хăраччăр.

28. Эпĕ сире:" Сирĕн патран кайăп, вара татах сирĕн пата килĕп" — тесе каланине эсир илтрĕр. Эсир Мана юрататăр пулсан: "Эпĕ Атте патне каятăп" — тесе каланăшăн, эсир савăннă пулăттăр; мĕншĕн тесен Манăн Атте Манран аслă.

29. Акă ĕнтĕ, Эпĕ сире çавăн çинчен, вăл пулса çитсен эсир Мана ĕненĕр тесе, çавă пуличчен малтанах каласа патăм.

30. Ман сирĕнпе нумай калаçмалла мар ĕнтĕ, çак тĕнчен пуçлăхĕ килет; Манра унăн нимĕн те çук.

31. Эпĕ Аттене юрататăп, çавна тĕнчене пĕлтер есшĕн, Атте Мана хушнă пек тăватăп; тăрăр, каяр кунтан".

## 15 - мĕш ГЛАВА

### Христос ăшĕнче яланах пулма кирли

1. **ЭПĔ** чăн иçĕм çырли Аври, Манăн Атте--иçĕм çырли пахчи Хуçи;

2. Çырла пулман Ман туратăма, Вăл кирек хăшне те касса пăрахать; çырли пулаканнине, кирек хăшне те çырли тата нумайрах пултăр тесе тасатать.

3. Эсир ĕнтĕ, Эпĕ сире вĕрентсе каланă сăмах тăрăх тасалтăр.

4. Ман ăшăмра пулăр, Эпĕ те сирĕн ăшăрта пулăп. Турат хăйĕн аври çинче пулмасан, хăй тĕллĕн çырла ўстерейместь; Ман ăшра пулмасан, эсир те çавăн пекех пулатăр.

5. Эпĕ çырла Аври, эсир турачĕсем; кам Ман ăшра пулать, Эпĕ те ун ăшĕнче пулăп, вăл вара нумай çимĕç кӳрет; мĕншĕн тесен Мансăр пуçне эсир нимĕн те тума пултараймастăр.

6. Ман ăшра пулмасан, турата касса пăрахнă пек кăларса пăрахĕç, вăл типсе кайĕ; ун пек туратсене пуçтарса вутта пăрахаççĕ те вĕсем çунса каяççĕ.

7. Эсир Ман ăшра пулсан, Ман сăмахсем те сирĕн ăшăрта пулĕç; вара мĕн кирлине ыйтăр, пурте сире пулĕ.

8. Эсир нумай çимĕç *(усă)* кӳрсен, çавăн тăрăх Ман Аттем те мухтава тухĕ, эсир вара Манăн вĕренекенсем пулăр.

9. Атте Мана юратнă пек, Эпĕ те сире юратрăм; эсир те Эпĕ юратнă пек юратăр.

10. Эпĕ Атте хушнине туса тăтăм, çавăнпа Атте Мана юратать; эсир Эпĕ хушнине туса тăрсан, Эпĕ те сире юратса тăрăп.

11. Çакна Эпĕ сире, Ман савăнăç сирĕн ăшăрта пултăр, сирĕн савăнăçăр çителĕклĕ пултăр тесе каларăм.

12. Эпĕ сире çакна тума хушатăп, Эпĕ сире юратнă пек, эсир те пĕр-пĕрне юратăр.

13. Çын хăйĕн тусĕшĕн, хăй чунне панинчен ытла урăх юрату çук.

14. Эпĕ хушнине туса тăрсан, эсир Манăн тусăмсем пулатăр.

15. Эпĕ сире чурасем тесе каламастăп ĕнтĕ, мĕншĕн тесен чура хăйĕн хуçи мĕн тунине пĕлмест; Эпĕ сире Хамăн Аттерен мĕн илтнине пĕтĕмпех каласа патăм, çавăнпа тусăмсем тесе каларăм.

16. Эсир Мана суйласа илмен, Эпĕ сире суйласа илтĕм; эсир кайса усă кӳрсе çӳрĕр, эсир усă туни малалла пытăр тата Аттерен эсир Ман ятпа кирек мĕн ыйтсан та, Вăл сире патăр тесе, Эпĕ сире суй-

ласа хутăм.

## "Тĕнче сире кураймасть пулсан..."

17. Эпĕ сире çакна тума хушатăп, эсир пĕр-пĕрне юратăр.

18. Тĕнче сире кураймасть пулсан, пĕлсе тăрăр, Мана сирĕнтен малтан курайми пулчĕ.

19. Эсир тĕнчерен пулнă пулсан, тĕнче хăйĕнне юратнă пулĕччĕ; эсир тĕнчерен пулман пирки, Эпĕ сире ку тĕнчерен суйласа илтĕм, çавăнпа сире тĕнче кураймасть.

20. Эпĕ сире: чура хăйĕн хуçинчен аслă мар, тесе каланă сăмаха астăвăр, Мана хăваларĕç пулсан, сире те хăвалĕç; Ман сăмаха тытса тăрсан, сирĕнне те тытса тăрĕç.

21. Çавсене пурне те сире Ман ятшăн тăвĕç, мĕншĕн тесен вĕсем Мана Яракана пĕлмеççĕ.

22. Эпĕ килсе вĕсене каламан пулсан, вĕсем çылăхсăр пулнă пулĕччĕç; халь ĕнтĕ хăйсен çылăхĕсенчен тӳрре тухаймаççĕ.

23. Мана курайман çын Манăн Аттене те кураймасть.

24. Эпĕ вĕсен хушшинче никам та тума пултарайман ĕçсене туса кăтартман пулсан, вĕсен çылăх пулмĕччĕ; халь ĕнтĕ çав ĕçсене курчĕç, çапах Мана та, Манăн Аттене те курайми пулчĕç.

25. Вĕсен законĕнче: "Мана усăсăр курайми пулчĕç" — тесе çырни вырăна килчĕ. *(Псал. 68:5)*

26. Лăплантаракан чăнлăх Сывлăшĕ килсен, Вăл Ман çинчен пĕлтерсе тăрĕ, Эпĕ Ăна сирĕн çине Аттерен илсе ярăп, Вăл Аттерен тухать;

27. Эсир те Ман çинчен пĕлтерекенсем пулатăр,

мĕншĕн тесен эсир малтанах Манпа пĕрле.

## 16 - мĕш ГЛАВА

### Тĕнче малашне те ĕненекенсене хăваласси çинчен Христос калани

1. **ÇАКНА** Эпĕ сире, эсир ан улталанăр тесе каларăм.

2. Сире синагогасенчен хăваласа кăларĕç; вахăт çитет ĕнтĕ, сире вĕлерекен кирек кам та, эпĕ Турра юрăхлă ĕç тăватăп тесе шухăшлĕ.

3. Вĕсем Аттене те, Мана та пĕлмен пирки çапла тăвĕç.

4. Çакна Эпĕ сире, çав вăхăт çитсен, Эпĕ çавăн çинчен каланине эсир аса илĕр тесе каларăм; малтан Эпĕ çавна Хам сирĕнпе пĕрле пулнăран каламарăм.

5. Халь ĕнтĕ, Эпĕ Хама Яракан патне каятăп, сирĕнтен пĕри те Манран: "Ăçта каятăн?" — тесе ыйтмасть.

6. Эпĕ сире çакна каланăран, сирĕн чĕрĕрсем хуйхăпа тулчĕç.

### Святой Сывлăш ĕçĕсем

7. Эпĕ сире чăннине калатăп, Эпĕ кайсан сирĕншĕн аван пулĕ; мĕншĕн тесен Эпĕ каймасан, сирĕн пата Лăплантаракан килмĕ; кайсан, Эпĕ Ăна сирĕн пата ярăп.

8. Вăл килĕ те, тĕнче çылăхĕ çинчен, чăнлăх çинчен тата суд çинчен кăтартса тăрĕ:

9. Çылăх çинчен, Мана ĕненменнине;

10. Чăнлăх çинчен, Эпĕ Атте патне кайнине, Мана ĕнтĕ урăх кураймăр;
11. Суд çинчен, çак тĕнчен пуçлăхĕ айăпа юлнине.
12. Манăн сире каламалли татах нумай, анчах
эсир халь пурне те вырнаçтараймăр.
13. Çав чăнлăх Сывлăшĕ килсен, сире пур чăн-
лăха та вĕрентĕ; Вăл Хăйĕнчен каламĕ, мĕн илтнине
калĕ, малашне мĕн пулассине те сире пĕлтерĕ.
14. Вăл мухтава кăларĕ Мана, мĕншĕн тесен Вăл
Ман ĕçсене туса сире пĕлтерĕ.
15. Аттен мĕн пурри, пурте Манăн; çавăнпа
Эпĕ сире, Вăл Ман ĕçсенех туса сире пĕлтерĕ тесе
каларăм.

## Иисус вĕренекенĕсене Хăй çĕр çинчен каясси çинчен пĕлтерни

16. Часах эсир Мана кураймăр, кайран каллех
Мана курăр; мĕншĕн тесен Эпĕ Атте патне кая-
тăп", — тенĕ.
17. Çавăнта Унăн вĕренекенĕсенчен хăшпĕри-
сем пĕрне-пĕри каланă:" Мĕн калать Вăл пире, ча-
сах Мана кураймăр, кайран каллех курăр, Эпĕ Атте
патне каятăп тет?"
18. Вĕсем татах каланă: "Мĕн калать вара Вăл,
часах тесе?" Пĕлместпĕр, тем калать?" — тенĕ.
19. Хăйĕнчен мĕн ыйтассине пĕлсе, Иисус вĕ-
сене каланă: "Эсир пĕр-пĕринчен: "часах Мана ку-
раймăр, кайран каллех курăр" — тесе Эпĕ калани
çинчен ыйтатăр-и?
20. Чăн-чăнах калатăп сире; эсир ĕсĕклесе йĕрĕр,
хурланса макăрăр, тĕнче ун чухне савăнĕ; эсир хуй-
хăллă пулăр, çапах та эсир хуйхăрни савăнăçпа тулĕ.
21. Арăм çăмăлланнă чух асапланать, мĕншĕн те-

сен унăн вăхăчĕ çитнĕ; ачине çуратсан, тĕнчере çын çуралнăшăн савăннипе хăй асап курнине манса каять.

22. Çавăн пек эсир те халĕ хуйхăпа тулнă, анчах эпĕ сире каллех курăп, вара сирĕн чĕрĕрсем савăнса кайĕç, сирĕн савăнăçăра сирĕнтен никам та туртса илеймĕ.

23. Çав кун вара эсир Манран нимĕн çинчен те ыйтмăр. Чăн-чăнах калатăп сире, Аттерен эсир Ман ятпа кирек мĕн ыйтсан та, Вăл сире парĕ.

24. Ку таранччен эсир Ман ятпа нимĕн те ыйтмарăр; ыйтăр, ыйтсан илĕр, сирĕн савăнăçăр çителĕклĕ пултăр.

25. Халиччен Эпĕ сире юптаруллă каларăм; вăхăт çитет ĕнтĕ, ун чух сире юптаруллă каламăп, Атте çинчен сире тӳррипе каласа пĕлтерĕп.

26. Çав кун эсир Ман ятăмпа ыйтăр; Эпĕ сире, Аттерен сирĕншĕн ыйтăп тесе каламастăп:

27. Атте сире Хăй юратать, мĕншĕн тесен эсир Мана юратрăр тата Эпĕ Атте патĕнчен килнине те ĕнентĕр.

28. Эпĕ Атте патĕнчен анса тĕнчене килтĕм; каллех тĕнчене хăварса Атте патне каятăп", — тенĕ.

29. Унăн вĕренекенĕсем Ăна каланă: "Акă халь Эсĕ тӳррипех калатăн, пĕртте юптаруллă каламастăн;

30. Халь ĕнтĕ куратпăр, Эсĕ пурне те пĕлетĕн, Хăвăнтан кам та пулин ыйтни Сана кирлĕ мар; çавăнпа ĕнтĕ, Эсĕ Турă патĕнчен анса килнине ĕненетпĕр", — тенĕ.

31. Иисус вĕсене хирĕç каланă: "Халĕ ĕненетĕр?

32. Акă, вăхăт çитет, çитрĕ те ĕнтĕ, эсир пурте харпăр хăй еннелле саланса каятăр та Мана пĕччене хăваратăр; анчах Эпĕ пĕччен мар, мĕншĕн тесен Манпа пĕрле Атте.

33. Çакна Эпĕ сире, эсир Манра канăçлăх тупăр тесе каларăм. Тĕнчере сире хуйхă пулĕ; çапах та çирĕп тăрăр: Эпĕ тĕнчене çĕнтертĕм.

## 17 - мĕш ГЛАВА

### Христос Хăйĕннисемшĕн кĕлĕ туни

1. **ÇАК** сăмахсене каланă хыççăн, Иисус Хăйĕн куçĕсемпе пĕлĕт çинелле пăхса каланă: "Эй, Аттем! Вăхăт çитрĕ ĕнтĕ: Хăвăн Ывăлна мухтава кăлар, Санăн Ывăлу та Сана мухтава кăларĕ.

2. Эсĕ пур этеме те Унăн аллине панă, Эсĕ Ăна панисене, Вăл пурне те ĕмĕрлĕх пурнăç парать.

3. Ĕмĕрлĕх пурнăç çакă ĕнтĕ, Сана, пĕртен-пĕр чăн Турра тата Эсĕ янă Иисус Христоса пĕлни.

4. Эпĕ Сана çĕр çинче мухтава кăлартăм, Эсĕ Мана тума хушнă ĕçе туса çитертĕм;

5. Эй, Аттем, тĕнчене пултаричченех Сан патăнта пулнă Хăвăн мухтавлăхупа, Мана та Эсĕ паян мухтава кăлар.

6. Эсĕ Мана çак тĕнчерен панă çынсене, Эпĕ Санăн ятна пĕлтертĕм; вĕсем Санăн пулнă, Эсĕ вĕсене Мана патăн, вĕсем Сан сăмахна тытса тăчĕç,

7. Эсĕ Мана пани, пурте Санран иккенне вĕсем халь ăнланса илчĕç;

8. Мана панă Санăн сăмахусене Эпĕ вĕсене каласа патăм та, вĕсем чăнлăха ăнланса илсе йышăнчĕç, Мана Эсĕ янине тата Эпĕ Сан патăнтан килнине ĕненчĕç.

9. Эпĕ пĕтĕм тĕнчешĕн кĕлĕ тумастăп, çаксемшĕн, Эсĕ Мана панисемшĕн кĕлĕ тăватăп: мĕншĕн тесен вĕсем Санăн;

10. Манăнни пурте Санăн, Санăнни те Манăн; Эпĕ вĕсем урлă мухтава тухрăм.

11. Эпĕ ĕнтĕ тĕнчере мар, вĕсем тĕнчере, Эпĕ Сан патна пыратăп. Эй, Святой Аттем! Хăвăн ятушăн вĕсене сыхласам, Эсĕ Мана панисем, вĕсем те Пирĕн пекех пĕр пулччăр.

12. Эпĕ вĕсемпе пĕрле тĕнчере пулнă чух, Сан ятушăн вĕсене сыхласа усрарăм; Эсĕ Мана панисене Эпĕ сыхларăм, пĕтес ывăлран пуçне, пĕри те вĕсенчен пĕтмерĕç, Çырура каланă сăмах вырăна килчĕ ĕнтĕ *(Псал. 108:8-17)*

13. Халĕ Сан патна пыратăп, вĕсен ăшĕнче Ман савăнăç çителĕклĕ пултăр тесе, çак сăмахсене тĕнчере чухне каласа хăваратăп.

14. Эпĕ вĕсене Санăн сăмахна каласа патăм та, тĕнче вĕсене курайми пулчĕ, мĕншĕн тесен Эпĕ тĕнчерен пулман пек, вĕсем те ку тĕнчерен мар.

15. Вĕсене Эсĕ тĕнчерен ил тесе кĕлĕ тумастăп, усалран вĕсене сыхла тесе кĕлĕ тăватăп;

16. Эпĕ тĕнчерен мар, вĕсем те тĕнчерен мар.

17. Вĕсене Хăвăн чăнлăхупа тасат: Санăн сăмаху чăнлăх.

18. Эсĕ Мана тĕнчене янă пек, Эпĕ те вĕсене тĕнчене ятăм;

19. Вĕсем чăнлăхпа тасалччăр тесе, Эпĕ вĕсемшĕн Хама паратăп.

20. Вĕсемшĕн анчах кĕлĕ тумастăп, вĕсем каланă сăмах тăрăх Мана ĕненекенсемшĕн те кĕлĕ тăватăп:

21. Вĕсем пурте пĕр пулччăр; эй, Аттем, Эсĕ мĕнле Ман ăшра, Эпĕ те Сан ăшăнта, вĕсем те çавăн пек Пирĕн ăшра пĕр пулччăр, — Мана Эсĕ янине тĕнче ĕнентĕр.

22. Эсĕ Мана панă мухтава та Эпĕ вĕсене патăм: Эпир пĕр пулнă пек, вĕсем те пĕр пулччăр.

23. Эпĕ вĕсен ăшĕнче, Эсĕ Ман ăшра; вĕсем те пĕтĕмпех пĕр пулччăр, Эсĕ Мана ярса, вĕсене те Мана юратнă пекех юратнине тĕнче пĕлтĕр.

24. Эй, Аттем! Эсĕ Мана панисем те ăçта Эпĕ, çавăнта Манпа пĕрле пулччăр, Эсĕ тĕнчене пултариччен малтанах Мана юратса панă мухтава вĕсем курччăр тетĕп.

25. Эй, Тӳрĕ Аттем! тĕнче Сана пĕлмерĕ; Эпĕ Сана пĕлтĕм, çаксем те Эсĕ Мана янине пĕлчĕç;

26. Эпĕ вĕсене Санăн ятна пĕлтертĕм, пĕлтерĕп те, Эсĕ Мана юратнă юрату вĕсен ăшĕнче пултăр, Эпĕ те вĕсен ăшĕнче пулăп".

# ИОАНН ÇЫРНĂ ТАСА ЕВАНГЕЛИЙĔН

## Виççĕмĕн пайĕ

### Тĕнчене çăлăнăç пани

18-мĕш главаран 21-мĕш главана çитиччен

### Иисуса тытса пани, пăталани, чĕрĕлсе тăни, чĕрĕлсе тăнă хыççăн Хайĕн вĕренекенĕсене курăнни

Христос хĕрес çинче вилсе, виççĕмĕш кунне Хăйĕн мухтавлăхĕпе вилĕмрен чĕрĕлсе тăни, ĕненекен çынна ырлăх тата тĕлĕнмелле пиллĕх парса тăрать. Турăшăн ĕçлесси те, çăлăнăç илесси те, Туррăн Патшалăхĕнче Христоспа пĕрле пулса ĕмĕрех Ăна мухтасси те, çавă пурте "Христос чĕрĕлсе тăрса, тупăка пушатса хăварнинчен" килет.

Çырура каланă пек: "Христос пирĕн çылăхсемшĕн вилнĕ, Ăна çĕре пытарнă; виççĕмĕш кунне Вăл чĕрĕлсе тăнă" (1 Кор. 15:3-4). Хăйĕн вилĕмĕпе Христос вилĕме çĕнтернĕ. Вăл пирĕн çылăхсемшĕн вилнĕ. Виççĕмĕш кунне чĕрĕлсе тăни, Вăл Турă Ывăлĕ пулнине анчах мар, пирĕн çылăхсемшĕн Хăйĕн Ӳтне хĕрес çинче панă парнене Атте Турă йышăннине те пĕлтерет!

Малалла çырнă главасене тĕплĕн, Ывăлне пирĕн çылăхсемшĕн парса, Ăна Хăйĕн вăйĕпе вилĕмрен чĕртсе тăратнă Турра тав туса вулăр!

## 18 - мӗш ГЛАВА

### Иисус Гефсимани пахчинче

1. **ИИСУС** çакна каласан, Хӑйӗн вӗренекенӗсемпе Кедрон шывӗн тепӗр енне кайнӑ, унта йывӑç пахчи пулнӑ, çав пахчана Вӑл Хӑйӗн вӗренекенӗсемпе кӗнӗ.

2. Çав вырӑна Ӑна тытса паракан Иуда та пӗлнӗ, мӗншӗн тесен Иисус Хӑйӗн вӗренекенӗсемпе унта час-часах пынӑ.

3. Çапла вара, Иуда пӗр ушкӑн салтак, пуп-пуçлӑхӗсен тарçисене тата фарисейсене илнӗ те, хунарсемпе, çуртасемпе тата хӗçсемпе унта пынӑ.

4. Иисус Хӑйӗнпе мӗн пулассине пӗлсе, вӗсем патне тухнӑ та вӗсене каланӑ: "Кама шыратӑр?" — тенӗ.

5. Ӑна хирӗç каланӑ: "Назорей Иисусне", — тенӗ. Иисус вӗсене каланӑ: "Вӑл Эпӗ", — тенӗ. Вӗсемпе пӗрле Ӑна тытса паракан Иуда та тӑнӑ.

6. Иисус вӗсене: "Вӑл Эпӗ", — тесе каласан, вӗсем каялла чакса çӗре ӳксе пӗтнӗ.

7. Вӗсенчен каллех ыйтнӑ: "Кама шыратӑр?" — тенӗ. Вӗсем каланӑ: "Назорей Иисусне", — тенӗ.

8. Иисус каланӑ: "Эпӗ сире, Вӑл Эпӗ тесе каларӑм; эппин Мана шыратӑр пулсан, вӗсене ан тивӗр, кайччӑр вӗсем", — тенӗ.

9. Çапла Иисус каланӑ сӑмах вырӑна килнӗ: "Эсӗ Мана панисене, Эпӗ пӗрне те пӗтермерӗм" *(Иоан. 17:12)*

10. Петр текен Симонӑн хӗç пулнӑ, вӑл хӗçне туртса кӑларнӑ та пуп-пуçлӑхӗн чурине çапса, унӑн сылтӑм хӑлхине касса татнӑ; çав чура Малх ятлӑ

пулнӑ.

11. Иисус вара Петра каланӑ: ”Хӗҫне йӗннине чиксе хур; Атте Мана панӑ куркана Манӑн епле ӗҫмелле мар-ха?” — тенӗ.

### Иисус пуп-пуҫлӑхӗсен умӗнче тата Петр тунни

12. Унтан салтаксем, пин ҫын пуҫлӑхӗ тата Иудей пуҫлӑхӗсем Иисуса тытнӑ та ҫыхса хунӑ.

13. Ӑна малтан Анна патне илсе кайнӑ; Анна вӑл, ҫав ҫул пуп-пуҫлӑхӗ пулса тӑнӑ Каиафӑн хунӗ пулнӑ;

14. Ҫав Каиафа, халӑхшӑн пӗр ҫын пӗтни авантарах пулӗ тесе, Иудейсене канаш панӑ.

15. Иисус хыҫӗнчен Петр текен Симонпа тепӗр вӗренекенӗ пынӑ; ҫав вӗренекенӗ пуп-пуҫлӑхӗн пӗлӗшӗ пулнӑ, вӑл вара Иисуспа пӗрле пуп-пуҫлӑхӗн картишне кӗнӗ;

16. Петр алӑк хыҫӗнче тулта тӑнӑ. Кайран, пуп-пуҫлӑхӗн пӗлӗшӗ пулнӑ вӗренекенӗ тухнӑ та, алӑк патӗнче сыхласа тӑракан хӗрарӑма каласа, Петра та илсе кӗнӗ.

17. Ҫавӑнта алӑк патӗнче сыхласа тӑракан хӗрарӑм тарҫӑ Петра каланӑ: ”Эсӗ те Ҫак Ҫыннӑн вӗренекенӗ мар-и?” — тенӗ. Петр каланӑ: ”Ҫук”, — тенӗ.

18. Ун чух сивӗ пулнӑ, ҫавӑнпа тарҫӑсемпе пуҫлӑхсем те вут хурса ӑшӑнса тӑнӑ; вӗсемпе пӗрле Петр та ӑшӑнса тӑнӑ.

19. Пуп-пуҫлӑхӗ Иисусран, Ун вӗренекенӗсем ҫинчен тата Унӑн вӗрентӗвӗ ҫинчен ыйтнӑ.

20. Иисус ӑна хирӗҫ каланӑ: ”Эпӗ тӗнчене пӗр пытармасӑр вӗрентрӗм; Эпӗ яланах Иудейсем пуҫтарӑнакан синагогара тата чиркӳре вӗрентрӗм, вӑрттӑн нимӗн те каламарӑм;

21. Манран мĕншĕн ыйтатăн? Эпĕ мĕн каланине илтекенсенчен ыйт; акă, вĕсем Эпĕ мĕн каланине пĕлеççĕ", — тенĕ.

22. Вăл çакна каласан, çавăнта тăракан тăрçăсенчен пĕри, Иисуса питĕнчен çупса ярса каланă: "Эсĕ пуп-пуçлăхне хирĕç çапла калатăн-и?" — тенĕ.

23. Иисус ăна хирĕç каланă: "Эпĕ усал кал арăм пулсан, мĕн усаллине каласа кăтарт; тĕрĕс каларăм пулсан, эсĕ мĕншĕн Мана çупатăн?" — тенĕ.

24. Анна Иисуса çыхнипех Каиафа ятлă пуп-пуçлăхĕ патне янă.

25. Петр текен Симон ăшăнса тăнă. Çавăнта ăна каланă: "Эсĕ те Унăн вĕренекенĕ мар-и?" — тенĕ. Вăл тунса каланă: "Çук", — тенĕ.

26. Пуп-пуçлăхĕ тарçисенчен пĕри, хăлхине Петр касса татнийĕн хурăнташĕ каланă: "Эпĕ сана хам Унпа пĕрле пахчара курмарăм-и вара?" — тенĕ.

27. Петр каллех тунна; çавăнтах автан авăтса янă.

## Иисус Пилат умĕнче

28. Тул çутăлсан, Иисуса Каиафа патĕнчен преторийăна илсе кайнă; Пасха çимелле пулнăран, ирсĕрленес мар тесе, вĕсем преторийăна кĕмен.

29. Пилат вĕсем патне тухса каланă: "Çак Çынна эсир мĕн тĕлĕшпе айăплатăр?" — тенĕ.

30. Вĕсем ăна хирĕç каланă: "Вăл усал çын пулман пулсан, эпир Ăна сана тытса паман пулăттăмăр", — тенĕ.

31. Пилат вĕсене каланă: "Эсир Ăна илĕр те хăвăр законăр тăрăх суд тăвăр", — тенĕ. Иудейсем ăна каланă: "Пире никама та вĕлерме ирĕк паман", — тенĕ.

32. Çапла вара, Иисус Хăй мĕнле вилĕмпе виле-

сси ҫинчен пĕлтерсе каланă сăмах вырăна килнĕ.
33. Унтан Пилат каллех преторийăна кĕнĕ те, Иисуса чĕнсе илсе каланă: " Эсĕ Иудей Патши-и?" — тенĕ.
34. Иисус ăна хирĕҫ каланă: "Эсĕ ку сăмаха хăвăнтан калатăн-и, е сана Ман ҫинчен ыттисем каласа пачĕҫ?" — тенĕ.
35. Пилат каланă: "Эпĕ Иудей ҫынни-и-мĕн? Хăвăн халăху тата пуп-пуҫлăхĕсем Сана ман алла тытса пачĕҫ; мĕн турăн Эсĕ?" — тенĕ.
36. Иисус хирĕҫ каланă: "Ман Патшалăх ку тĕнчерен мар; Ман Патшалăх ку тĕнчерен пулнă пулсан, Маншăн ĕҫлекенсем Мана Иудейсен аллине тытса парас мар тесе тăрăшнă пулĕччĕҫ, анчах та Манăн Патшалăх халĕ кунта мар", — тенĕ.
37. Пилат Ăна каланă: "Эсĕ Патша-и вара?" — тенĕ. Иисус хирĕҫ каланă: "Мана Патша тесе эсĕ тĕрĕс калатăн; Эпĕ чăнлăх ҫинчен каласа пĕлтерме ҫуралнă, ҫавăншăн тĕнчене килнĕ; чăнлăхран пулсан, кирек кам та Ман сасса итлет", — тенĕ.
38. Пилат Ăна каланă: "Мĕн вăл чăнлăх?" — тенĕ. "Ҫакна каласан, каллех Иудейсем патне тухнă та вĕсене каланă: "Эпĕ Унра нимĕнле айăп та тупаймастăп;
39. Пасха умĕн сирĕн, мана пĕрне кăларттарса ямалли йăла пур: сире валли Иудея Патшине кăларса ярам-и?" — тенĕ.
40. Вара каллех пурте кăшкăрса ярса каланă: "Ăна мар, Вараввăна!" — тенĕ. Варавва вăрă-хурах пулнă.

## 19 - мӗш ГЛАВА

### ”Çавӑнта пӑталанӑ Ӑна...”

1. **ÇАВ** вӑхӑтра Пилат Иисуса илнӗ те, Ӑна хӗнеме хушнӑ.

2. Салтаксем вара, йӗплӗ йывӑç хуллинчен пуç кӑшӑлӗ явса, Иисус пуçӗ çине хунӑ, Хӑйне хӗрлӗ тумтир тӑхӑнтарнӑ.

3. Унтан каланӑ: ”Иудея Патши савӑн!” — тенӗ. Вара Ӑна питӗнчен çупа-çупа янӑ.

4. Пилат каллех тухса вӗсене каланӑ: ”Акӑ, Унра нимӗнле айӑп та тупманнине сире пӗлтерме, Ӑна сирӗн пата кӑларатӑп”, — тенӗ.

5. Вара Иисус йӗплӗ пуç кӑшӑлӗпе, хӗрлӗ тумтирпе тухнӑ. Унтан Пилат вӗсене каланӑ: ”Акӑ Çын!” — тенӗ.

6. Пуп-пуçлӑхӗсемпе чиркӳре ӗçлекенсем Иисуса курсан: ”Пӑталаттар Ӑна, пӑталаттар!” — тесе кӑшкӑрса янӑ. Пилат вӗсене каланӑ: ”Эсир Ӑна хӑвӑр илсе пӑталӑр, эпӗ Унра нимӗнле айӑп та тупаймастӑп”, — тенӗ.

7. Иудейсем ӑна хирӗç каланӑ: ”Пирӗн закон пур, пирӗн закон тӑрӑх Вӑл вилме тивӗçлӗ, мӗншӗн тесен Вӑл Хӑйне Турӑ Ывӑлӗ выранне хурать”, — тенӗ.

8. Пилат, çав сӑмаха илтсен тата ытларах хӑраса кайнӑ.

9. Вӑл каллех преторийӑна кӗнӗ те, Иисуса каланӑ: ”Эсӗ ӑçтан?” — тенӗ. Иисус ӑна хирӗç нимӗн те каламан.

10. Пилат Ӑна каланӑ: ”Эсӗ мана нимӗн те каламастӑн-и? Пӗлместӗн-и, ман Сана пӑталаттарма та ирӗк пур, кӑларса яма та ирӗк пур!” — тенӗ.

11. Иисус каланӑ: "Сана ҫӳлтен паман пулсан, Ман ҫинче сан нимӗнле ирӗк те пулман пулӗччӗ: ҫавӑнпа та, Мана сан аллуна тытса паракана ытларах ҫылӑх пулать", — тенӗ.

12. Пилат ҫав вӑхӑтран Иисуса кӑларса яма май шыранӑ. Вара Иудейсем кӑшкӑрма пуҫланӑ: "Ӑна кӑларса ярсан, эсӗ кесарӗн тусӗ мар; хӑйне хӑй патша вырӑнне хуракан кирек кам та кесарӗн тӑшманӗ пулать", — тенӗ.

13. Пилат ҫак сӑмаха илтсен, Иисуса тула кӑларнӑ та, Лифостротон, еврейле Гаввафа текен суд тӑвакан вырӑна ларнӑ.

14. Ун чухне Пасха праҫникӗ умӗнхи эрнекун, ирхине улттӑмӗш сехет тӗлӗ пулнӑ. Вара Пилат Иудейсене каланӑ: "Ҫакӑ, сирӗн Патшӑр!" — тенӗ.

15. Вӗсем каллех: "Тыт, тыт, пӑталаттар Ӑна!" — тесе кӑшкӑрса янӑ. Пилат вӗсене каланӑ: "Сирӗн Патшӑра ман пӑталас-и?" — тенӗ. "Пуп-пуҫлӑхӗсем каланӑ: "Кесарьтен пуҫне пирӗн урӑх патша ҫук", — тенӗ.

16. Юлашкинчен вара Пилат, Ӑна хӗрес ҫине пӑталама вӗсене панӑ. Унтан Иисуса тытнӑ та илсе кайнӑ.

17. Вӑл Хӑйӗн хӗресне йӑтса, Ҫамка вырӑнӗ, еврейле Голгофа текен вырӑна ҫитнӗ;

18. Ҫавӑнта Ӑна хӗрес ҫине пӑталанӑ; Унпа пӗрле тата икӗ вӑрӑ-хураха, пӗрне пӗр енне, тепӗрне тепӗр енне, Иисуса варрине пӑталанӑ.

19. Пилат вара: "Иудея Патши, Иисус Назорей" — — тесе ҫыру ҫырнӑ та, ӑна хӗрес ҫине ҫапса хунӑ.

20. Ҫавӑн пек ҫырнӑ сӑмахсене Иудейсенчен нумайӑшӗ вуланӑ, мӗншӗн тесен Иисуса пӑталанӑ вырӑн хуларан инҫе мар пулнӑ, ҫыруне Еврейле, Грекле тата Римле ҫырса ҫапнӑ.

21. Иудейсен пуп-пуçлăхĕсем Пилата каланă: "Иудея Патши" — тесе ан çыр, Вăл Хăйĕн çинчен: "Эпĕ Иудея Патши" — тесе калатчĕ тесе çыр, — — тенĕ.

22. Пилат вĕсене хирĕç каланă: "Мĕн эпĕ çыртăм, çавна çыртăм ĕнтĕ", — тенĕ.

23. Салтаксем Иисуса хĕрес çине пăталасан, Унăн тумтирне илнĕ те, кашни салтакĕ валли пĕрер пай туса, тăвата пая уйăрнă, хитонне те илнĕ; хитонĕ çĕлесе тунăскер пулман, ăна çӳлтен пуçласа пĕтĕмпех тĕртсе тунă.

24. Çавăнпа вĕсем пĕр-пĕрне каланă: "Ăна çурар мар, уншăн шăпа ярăпăр, кама тухĕ?" — тенĕ. Çапла вара пророксем малтанах çырни вырăна килнĕ: "Ман тумтире хăйсем хушшинче уйăрчĕç тата Манăн тумтиршĕн шăпа ячĕç" *(Псал. 21:19)*. Салтаксем çавăн пек хăтланнă.

25. Иисуса пăталанă хĕрес патĕнче Унăн Амăшĕ, Амăшĕн аппăшĕ Мария Клеопа тата Мария Магдалина тăнă.

26. Иисус Хăйĕн Амăшне тата унта тăракан Хăй юратнă вĕренекенне курсан, Амăшне каланă: "Анне! çакă, Санăн ывăлу!" — тенĕ.

27. Унтан вĕренекенне каланă: "Ку, санăн Аннӳ!"— тенĕ. Çавăнтан кайран, çав вĕренекен Ăна хăй патне илнĕ.

28. Вара Иисус, Çыру çинче çырни пĕтĕмпех пулса çитнине пĕлсе: "Ăшăм çунать", — тенĕ.

29. Çавăнта туллиех уксус тултарнă (хĕрхӳллентернĕ эрех) савăчĕ ларнă. Салтаксем губкăна уксус сăхтарса илнĕ те, патак вĕçне тирсе, Унăн çăварĕ патне илсе пынă.

30. Иисус уксуса тутанса пăхсан каланă: "Ĕнтĕ

пулса çитрĕ!" — тенĕ, Унтан, пуçне уснă та, сывлăшне кăларса янă.

31. Ун чухне эрнекун пулнă, çавăнпа вилнĕ çынсен ӳчĕсене шăматкуна хĕрес çинче хăварас мар тесе, (мĕншĕн тесен çав шăматкун Иудейсен пысăк праçникĕ пулнă) Иудейсем Пилатран, вĕсен ури тунисене çапса ватса, вĕсене хĕрес çинчен антарма ыйтнă.

32. Вара салтаксем пынă та, Иисуспа пĕрле пăталанисен ури тунисене иккĕшĕнне те çапса ватнă;

33. Иисус патне пырсан, Вăл вилнине курса, Унăн ури тунисене çапса ватман.

34. Анчах та пĕр салтакĕ Ăна аяккинчен сăнăпа чикнĕ те, çавăнтах Юнпа шыв юхса тухнă.

35. Çакна куракан хăй каласа кăтартать, вăл калани тĕрĕс; вăл сире ĕнентересшĕн, хăй чăн каланине пĕлет.

36. Çак ĕç пулса çитсе, Çыру çинче çырни вырăна килнĕ: "Унăн шăмми ванмĕ" *(Исход 12:46)*

37. Çыру çинче тата тепĕр вырăнта каланă: "Хăйсем сăнăпа чикни çине пăхĕç" *(Захар. 12:10)*

## Иисуса тупăка хуни

38. Çавăн хыççăн Аримафейăри Иосиф, Иисусăн Ӳтне хĕрес çинчен антарма Пилатран ирĕк ыйтнă. Иосиф вăл, Иисусăн вĕренекенĕ пулнă, анчах — — Иудейсенчен хăранă пирки палăртман; Пилат ăна чарман. Вара вăл кайнă та, Иисусăн ӳтне антарнă.

39. Малтан Иисус патне çĕрле пыракан Никодим та пынă, вăл çĕр литра яхăн смирнăпа алой хутăштарса тунă ырă шăршăллă çу илсе пынă.

40. Вĕсем Иисусăн Ӳтне илнĕ те, Иудейсем пытаракан йăлапа ырă шăршăллă çусем сĕрсе, пирпе

чĕркенĕ.
41. Иисуса пăталанă вырăнта йывăç пахчи пулнă, çав пахчара унччен никама та пытарман çĕнĕ тупăк пулнă:
42. Иудейсен эрнекунĕ пулнăран тата тупăк çывăх пулнă пирки, Иисуса çав тупăка хунă.

## 20 - мĕш ГЛАВА

### Виççĕмĕш кунне Христос вилĕмрен чĕрĕлсе тăни

1. **ЭРНЕ** пуçламăшĕнче (вырсарникун) ирхине ирех, тĕттĕм чухне Мария Магдалина тупăк патне пынă та, тупăк умĕнчи чула йăвантарса янине курнă;
2. Вăл вара чупса кайнă та, Петр текен Симон патне тата Иисус юратнă тепĕр вĕренекенĕ патне пырса, вĕсене каланă: "Вĕрентекене тупăкран илсе кайнă, Ăна ăçта хунине пĕлместпĕр", — тенĕ.
3. Çавăнтах Петрпа тепĕр вĕренекенĕ тухнă та, тупăк патне чупса кайнă.
4. Вĕсем иккĕшĕ те пĕрле чупнă, анчах тепĕр вĕренекенĕ, Петртан хытăрах чупнă пирки тупăк патне малтан çитнĕ.
5. Вăл пĕшкĕнсе пăхнă та пирсем выртнине курнă; çапах тупăка кĕмен.
6. Ун хыçĕнчен Петр текен Симон та çитнĕ, вăл тупăка кĕнĕ те, унта Иисуса чĕркенĕ пирсем анчах выртнине курнă;
7. Иисусăн пуçне чĕркенĕ тутăрĕ те чĕркенипех, пирĕсемпе пĕрле мар, урăх çĕрте уйрăм выртнă.
8. Унтан тупăк патне маларах чупса çитнĕ вĕренекенĕ те кĕнĕ, вара курнă та, ĕненнĕ;

9. Çырура çырнă тăрăх, Иисус вилĕмрен чĕрĕлсе тăмалли çинчен вĕсем ун чухне пĕлеймен пулнă.

10. Вара вĕренекенĕсем каллех хăйсем патне таврăннă.

**Христос чĕрĕлсе тăнă хыççăн Марийăна курăнни**

11. Мария тупăк умĕнче макăрса тăнă; макăрнă чухнех вăл тупăка пĕшкĕнсе пăхнă,

12. Вара унта шурă тумтир тăхăннă икĕ Ангел ларнине курнă; пĕри Иисус Ӳчĕ выртнă вырăнăн пуç тĕлĕнче, тепри ури вĕçĕнче ларнă.

13. Вĕсем ăна каланă: "Арăм! Эсĕ мĕншĕн макăратăн?" — тенĕ. Вăл вĕсене каланă: "Манăн Вĕрентекене илсе кайнă, Ăна ăçта хунине пĕлместĕп", — тенĕ.

14. Çакна каласан каялла çаврăнса пăхнă та, Иисус тăнине курнă; анчах вăл Иисуса паллайман.

15. Иисус ăна каланă: "Арăм, эсĕ мĕншĕн макăратăн? Кама шыратăн? — тенĕ. "Мария, ку пахчаçă пулĕ тесе, Ăна каланă: "Эй, ырă çын! Ăна эсĕ илнĕ пулсан, кала мана, ăçта хутăн эс Ăна, вара эпĕ Ăна илĕп", — тенĕ.

16. Иисус ăна каланă: "Мария!" — тенĕ. Вăл çаврăнса пăхнă та каланă: "Раввуни!" — тенĕ. Вăл: "Вĕрентекен!" — тени пулать.

17. Иисус ăна каланă: "Ман çумма ан сĕртĕн, мĕншĕн тесен Эпĕ Хамăн Атте патне çĕкленмен-ха; эсĕ Манăн тăвансем *(веренекенсем)* патне кайса вĕсене кала: Эпĕ Хамăн Атте патне, сирĕн Аçăр патне, Хамăн Туррăм патне, сирĕн Туррăр патне çĕкленетĕп", — тенĕ.

18. Мария Магдалина вĕренекенĕсем патне кайнă та, Вĕрентекене курни çинчен тата Вăл ăна мĕн каланине каласа кăтартнă.

## Чĕрĕлнĕ Иисус вĕренекенĕсене пĕр пӳртре курăнни

19. Эрне пуçламăшĕнче çав кунах *(вырсарникун)* каçалапа, вĕренекенĕсем Иудейсенчен хăраса, хăйсем пухăннă пӳртĕн алăкне питĕрсе ларнă чух, Иисус пынă та вĕсен варрине тăрса, вĕсене каланă: "Канăçлăх пултăр сире!" — тенĕ.

20. Çавна каласан, Вăл вĕсене Хăйĕн аллисене, урисене, аяк пĕрчисене кăтартнă. Вĕренекенĕсем, Вĕрентекене курсан савăннă.

21. Иисус вĕсене иккĕмĕш хут каланă: "Канăçлăх пултăр сире! Мана Атте янă пек, Эпĕ те сире яратăп", — тенĕ.

22. Çакна каласан вĕрнĕ те, вĕсене каланă: "Святой Сывлăша йышăнăр;

23. Камăн çылăхĕсене каçаратăр, çавăн каçарăнĕç; камăнне каçармăр, унăн каçарăнмĕç", — тенĕ.

## Чĕрĕлнĕ Христос Фомана курăнни

24. Вуникĕ вĕренекенĕсенчен пĕри, Йĕкĕреш текен Фома, Иисус пынă чух вĕсемпе пĕрле унта пулман.

25. Ытти вĕренекенĕсем ăна каланă: "Эпир Вĕрентекене куртăмăр", — тенĕ. Вăл вĕсене каланă: "Унăн аллинче пăтаран юлнă суранĕсене курмасăр, хамăн пӳрнесемпе пăтаран юлнă суранĕсене тĕкĕнсе пăхмасăр тата хамăн алăпа Унăн аякне хыпаласа пăхмасăр, ĕненместĕп!" — тенĕ.

26. Сакăр кун иртсен, Унăн вĕренекенĕсем каллех çав пӳртре ларнă, вĕсемпе пĕрле Фома та пулнă.

Алăкне питĕрсе ларнă чух, Иисус пынă та варрине тăрса каланă: "Канăçлăх пултăр сире!" — тенĕ.

27. Унтан Фомана каланă: "Пӳрнӳне кӳр-ха кунта, Ман алăсене пăх; хăвăн аллупа Манăн аяк пĕрчине хыпаласа пăх; ĕненмесĕр ан юл, ĕнен", — тенĕ.

28. Фома Ăна хирĕç каланă: "Эсĕ манăн Вĕрентекенĕм, манăн Туррăм!" — тенĕ.

29. Иисус ăна каланă: "Эсĕ Мана курсан тин ĕнентĕн; курмасăр ĕненекенсем телейлĕ", — тенĕ.

### Çак Евангелие çырнийĕн сăлтавĕ

30. Иисус Хăйĕн вĕренекенĕсен умĕнче тата урăх хăватсем те нумай тунă, çавсем çинчен çак кĕнеке çине çырман;

31. Çаксене, Иисус Вăл, Турă Ывăлĕ Христос иккенне сире ĕнентересшĕн тата хăвăр ĕненнĕ тăрăх, Ун ячĕпе ĕмĕрлĕх пурнăçлă пулччăр тесе çырнă.

## 21 - мĕш ГЛАВА

### Чĕрĕлсе тăнă Христос, Хăйĕн вĕренекенĕсене çăлăнăç çинчен вĕрентме яни

1. **ÇАВĂНТАН** кайран, Иисус татах Хăйĕн вĕренекенĕсене Тивериада тинĕсĕ патĕнче курăннă. Вăл çапла курăннă:

2. Петр текен Симон, Йĕкĕреш текен Фома, Галилейăри Кана хулинчи Нафанаил, Зеведей ывăлĕсем тата Унăн вĕренекенĕсенчен иккĕшĕ пурте пĕр çĕрте пулнă.

3. Петр текен Симон вӗсене каланӑ: ”Эпӗ пулӑ тытма каятӑп”, — тенӗ. Лешсем, ӑна каланӑ: ”Эпир те санпа пӗрле пыратпӑр”, — тенӗ. Кайнӑ та, ҫавӑнтах кимӗ ҫине кӗрсе ларнӑ, анчах ҫав каҫ вӗсем нимӗн те тытайман.

4. Тул ҫутӑлсан, Иисус ҫыран хӗрринче тӑнӑ; анчах вӗренекенӗсем, Вӑл Иисус иккенне паллайман.

5. Иисус вӗсене каланӑ: ”Ачасем! Сирӗн мӗн те пулин ҫимелли пур-и?” — тенӗ. Вӗсем Ӑна хирӗҫ: ”Ҫук” — тенӗ.

6. Вӑл вӗсене каланӑ: ”Тетелне киммӗн сылтӑм енне ярӑр, вара тытатӑр”, — тенӗ. Вӗсем тетелне ярсан, пулӑ нумай кӗнипе ӑна туртса та кӑларайман.

7. Иисус юратакан вӗренекенӗ вара Петра каланӑ: ”Ку, Вӗрентекен!” — тенӗ. Петр текен Симон, ку Вӗрентекен тенине илтсен, хӑйӗн тумтирне пилӗкне ҫавӑрса ҫыхнӑ та (ун чух вӑл ҫарамас пулнӑ) тинӗсе сикнӗ;

8. Ытти вӗренекенӗсем кимӗ ҫинче ишсе, пулӑллӑ тетелне туртса пынӑ, (вӗсем ҫыран хӗрринчен аякра пулман, икҫӗр чикене яхӑн анчах пулнӑ).

9. Ҫыран хӗррине тухсан, вӗсем ҫунакан вутӑ ҫинче пулӑ тата ҫӑкӑр выртнине курнӑ.

10. Иисус вӗсене каланӑ: ”Халь хӑвӑр тытнӑ пулӑрсене илсе килӗр”, — тенӗ.

11. Петр текен Симон кайнӑ та, шултра пулӑ кӗрсе тулнӑ тетелне ҫыран хӗррине сӗтӗрсе кӑларнӑ, ҫавӑнта ҫӗр аллӑ виҫӗ пулӑ пулнӑ; ҫавӑн пек нумай пулӑ кӗнипе те вӗсен тетелӗ ҫурӑлман.

12. Иисус вӗсене каланӑ: ”Килсе ҫийӗр”, — тенӗ. Вӗренекенӗсем Вӑл Вӗрентекен иккенне пӗлсе, Унран: ”Эсӗ кам?” — тесе ыйтма пӗри те хӑйман.

13. Иисус пырса ҫӑкӑрне илнӗ те вӗсене панӑ,

пуллине те панӑ.

14. Ҫапла ӗнтӗ, Иисус вилӗмрен чӗрӗлсе тӑнӑ хыҫҫӑн, Хӑйӗн вӗренекенӗсене виҫҫӗмӗш хут курӑннӑ.

**Эпир Христосшӑн юрӑхлӑ ӗҫлени вӑл — юрату**

15. Вӗсем апат ҫинӗ чух, Иисус Петр текен Симона каланӑ: "Иона Симонӗ! Эсӗ Мана ҫаксенчен ытларах юрататӑн-и?" — тенӗ. Петр Ӑна каланӑ: "Эй, Вӗрентекен, тӗрӗс! Эпӗ Сана юратнине, Эсӗ Хӑвах пӗлетӗн", — тенӗ. Иисус ӑна каланӑ: "Манӑн путекӗмсене кӗт, — тенӗ.
16. Иккӗмӗш хут, татах ӑна каланӑ: "Иона Симонӗ! Эсӗ Мана юрататӑн-и?" — тенӗ. Петр Ӑна каланӑ: "Ҫапла Вӗрентекен, тӗрӗс! Эпӗ Сана юратнине, Эсӗ Хӑвах пӗлетӗн", — тенӗ. Иисус ӑна каланӑ: "Манӑн сурӑхсене кӗт", — тенӗ.
17. Унтан виҫҫӗмӗш хут ӑна каланӑ: "Иона Симонӗ! Эсӗ Мана юрататӑн-и?" — тенӗ. Петр хӑйӗнчен: "Эсӗ Мана юрататӑн-и?" — тесе виҫҫӗмӗш хут ыйтнӑшӑн хурланса, Ӑна каланӑ: "Вӗрентекен! Эсӗ пурне те пӗлетӗн; эпӗ Сана юратнине, Эсӗ пӗлетӗн", — тенӗ. Иисус ӑна каланӑ: "Манӑн сурӑхсене кӗт;
18. Чӑн-чӑнах калатӑп сана: ҫамрӑк чухне эсӗ пилӗкне ху ҫыхаттӑнччӗ те, каяс килнӗ ҫӗре каяттӑнччӗ; ватӑлсан хӑвӑн аллусене ҫӗклӗн, вара санӑн пилӗкне Урӑххи ҫыхӗ те, эсӗ каяс килмен ҫӗре сана илсе кайӗ"
19. Вӑл ҫакна, Петр мӗнле вилӗмпе вилсе Турра мухтава кӑларасси ҫинчен пӗлтерсе каланӑ. Ҫавна каласан, Петра каланӑ: "Ман хыҫҫӑн пыр", — тенӗ.

20. Петр çаврăнса пăхнă та, каçхи апат тунă чухне Иисусăн кăкăрĕ çумне сĕртĕнсе: "Эй, Вĕрентекен! Сана кам тытса парĕ?" — тесе ыйтнă, Иисус юратакан вĕренекенĕ те ун хыçĕнчен пынине курнă.

21. Ăна курсан, Петр Иисуса каланă: "Вĕрентекен! Ăна мĕн пулĕ?" — тенĕ.

22. Иисус ăна каланă: "Эпĕ ăна Хам киличченех пурăнтарасшăн пулсан та, санăн мĕн ĕç пур унпа?" Эсĕ пыр Ман хыçран", — тенĕ.

23. Вара вĕренекенĕсем хушшинче, çав вĕренекенĕ вилмест, тенĕ сăмах сарăлнă. Анчах Иисус, вăл вилмест, тесе каламан, Эпĕ ăна Хам киличченех пурăнтарасшăн пулсан та, санăн мĕн ĕç пур унпа, тесе каланă.

24. Çакăн çинчен çав вĕренекенĕ хăй курнине каласа пырать, çакна та вăл çырнă; вăл каласа пĕлтерни чăн тĕрĕссине те пĕлетпĕр.

25. Иисус тата урăх ĕçсем те нумай тунă: çавсем çинчен пĕтĕмпех çырас пулсан, çырнă кĕнекесене тĕнчере те шăнăçтарма çук тесе шутлатăп. Аминь.